ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Февраль
21
ШАМАТКУН
№ 36 (8945)

35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Ырăн—выранти Советсене суйламалли кун.

Суйлавçă юлташсем!
Ĕçсынни депутачĕсен район, хула, поселок тата ял Совечĕсене Тăван çĕршывăн чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсене суйлар!

# Совет гражданĕсен хисеплĕ тивĕçĕ

Ыран, февралĕн 22-мĕшĕ,—выранти Советсене суйламалли кун.

Пирĕн суйлавçăсем, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсен ячĕсене çырнă бюллетеньсем илсе, суйлав ещĕкĕ патне пынă чухне пурте совет халăхне телейлĕ пурнăç кунĕ аслă Сталин ятне асра тытаççĕ. Вĕсем Ленинăн чи çывăх соратникне, коммунизм строительствине организацилекене—Сталин юлташа пире çĕнĕ те çĕнĕ çĕнтерӳсем патне илсе пынăшăн чĕререн тав тăваççĕ.

Пирĕн социализмлă Тăван çĕршыва Сталинла Конституцин çутă хĕвелĕ ярăççăн çутатса тăрать. Çав хĕвелĕн ăшшинче пирĕн çĕршыв малалла чечекленсе пырать.

Совет халăхĕ, Ленин—Сталин партийĕ ертсе пынипе, социализмлă общество туса хучĕ. Халĕ пирĕн халăх, коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, аслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр Сталин юлташ çул кăтартса пынипе, коммунизмлă общество тумалли программăна пурнăçласа пырать.

«Пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв хăйĕн вăйĕсем чечекленсе ӳснĕ тапхăрта пурăнать, вăл çĕнĕ çитĕнӳсем патнелле пырать,—терĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра.—Коммунизмлă обществăна пĕтĕмпех туса çитерме мĕн кирли пирĕн пурте пур. Совет çĕршывĕн çутçанталăкри пуянлăхĕсем иксĕлми нумай. Пирĕн государство çак пысăк пуянлăхсемпе ĕççынnисен пурнăçне лайăхлатассишĕн усă курма пултарнине кăтартса пачĕ. Совет халăхĕ çĕнĕ общество тума пĕлнине кăтартса пачĕ, вăл малалла шанчăклă пăхать».

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем коммунизм строительствин питех те пысăк çитĕнĕвĕсене куç-кĕретĕн кураççĕ, малашне тата ытларах çитĕнӳсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ. Пирĕн промышленность хăвăрт аталанать. 1952 çулта промышленность 1940 çулхинчен 2,3 хут ытларах продукци туса кăларчĕ. Иртнĕ çулта промышленность продукци туса кăларасси 11 процент ӳсрĕ. Ялхуçалăхĕ хăвăрт малалла каять. Иртнĕ çулта тĕштырă 8 миллиард пăт туса илнĕ. Совет науки, культури тата искусстви ытларах та ытларах чечекленсе пыраççĕ.

Совет саманинче, сталинла пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче пирĕн республика сăнсăпачĕ тĕпренех улшăнчĕ. Çĕнĕ заводсем, комбинатсем, çĕнĕ хуласемпе поселоксем ӳссе ларчĕç. Промышленность çултан-çул вăйланса пырать. Колхозлă ял çĕрĕç культурине ӳстерчĕ, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç анлă сарăлчĕ. Ялхуçалăхĕ çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать. Колхозсен уй-хирĕсенче çĕршер тракторсем, комбайнсем тата ытти паха ялхуçалăх машинисем ĕçлеççĕ. Ялсене электричество тата радио кĕртнипе колхозлă ял ĕçченĕсен пурнăçĕ лайăхланать.

Халăх ирĕклĕхĕпе телейĕшĕн, хамăрăн Тăван çĕршывăн никама пăхăнманлăхĕшĕн, çĕршыва чечеклентерессишĕн, коммунизмлă общество тăвассишĕн кĕрешнĕ çĕрте коммунистсен партийĕ яланах миллионшар ĕççыннисен творчествăллă активлăхне ӳстерсе, массăсемпе тытакан çыхăнăва тĕреклетсе пырать, халăхăн шухăш-ĕмĕчĕсене шута илет. Парти самокритикăпа аялтан килекен критикăна анлăн сарса пырать, совет çыннисене политикăллă сыхăлăха вăйлатма вĕрентет. Ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн тăрă шыв çине кăларса, вĕсене пĕтерме çийĕнчех мерăсем йышăнни пире коммунизм строительствине вăйлатма, çĕнĕ те çĕнĕ çитĕнӳсем туса пыма май парать.

Коммунизм строительстви задачисене пурнăçлас ĕçре ĕççынни депутачĕсен Совечĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Вĕсем халăха парти çĕршыв умне лартнă задачăсене пурнăçлама мобилизацилесе пыраççĕ. Совет влаçĕ—халăхăн чăн-чăн влаçĕ. Советсем урлă ĕççыннисен массисем государство управленине хутшăнаççĕ. Советсене пĕтĕм халăх суйлать. Пирĕн çĕршывра власть органĕсене суйлассин тĕнчери чи демократиллĕ йĕркепе, Сталинла Конституци тăрăх пулса иртет. Пирĕн суйлав — чăн-чăн ирĕклĕ, чăннипех те пĕтĕм халăх суйлавĕ. Советсен суйлавĕ—пĕтĕм халăх уявĕ. Тĕнчере çавăн пек ирĕклĕ, чăннипех те демократиллĕ суйлавсем нихçан та пулман.

Пирĕн патăмăрта суйлавсем рабочисем, хресченсем, интеллигенци килĕштерсе ĕçленĕ, пĕр-пĕрне шанса тăнă условире пулса иртеççĕ, мĕншĕн тесен пирĕн патăмăрта капиталистсем çук, помещиксем çук, эксплуатаци çук, халăх ирĕкне хĕсекенсем çук.

Буржуалла çĕршывсенче «демократилĕх» çинчен шавлаççĕ, анчах унта эксплуатацилекенсемшĕн, пуянсемшĕн кăна демократи пур. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче буржуалла çĕршывсенчи демократи çинчен çапла каларĕ:

«Ĕлĕк буржуази либералла хăтланкаланă, буржуалла-демократиллĕ ирĕклĕхсемшĕн тăнă, çапла майпа халăх хушшинче хăйĕн ятне сарнă. Халĕ вара либерализмран йĕрĕ те юлмарĕ. «Этем ирĕклĕхĕ» тени текех çук ĕнтĕ,—халĕ капитал тытакансен кăна этем прави пур тесе шутлаççĕ, ытти мĕнпур граждансене вара эксплуатацилеме çеç юрăхлă этемле чĕрĕ материал вырăнне хураççĕ. Çынсемпе нацисен пĕр тан правалăх принципне таптаса тăкнă, ăна граждансен эксплуатацилекен сахалрахăшĕ тулли правалла пулмалла тата граждансен эксплуатациленекен ытларахăшĕ правасăр пулмалла текен принциппа улăштарнă».

Эксплуататорла классене пĕтернĕ, çынна çын эксплуатацилес йĕркене тĕп тунă çĕршывра кăна чăн-чăн ирĕклĕх тата пĕртанлăх пулма пултарать. Эксплуатаципен хăтăлнă халăх кăна чăн-чăн ирĕклĕх илет. Пирĕн патăмăрта эксплуататорла классене пĕтернĕ, рабочисем, хресченсем, интеллигенци социализмлă обществăри ĕçченсен —коммунизм строителĕсен пĕрлĕхлĕ коллективĕ пулса тăраççĕ.

Хальхи суйлав кампанинче те коммунистсемпе партире тăманнисем выранти Советсене суйлама кандидатсене пĕрле пулса уйăрчĕç. Суйлав умĕнхи пухусенче ĕççыннисем Сталин юлташ депутатсем Ленин сăнарлă политикăллă деятельсем пулмалли çинчен вĕрентнине асра тытрĕç, халăхăн чи шанчăклă ывăл-хĕрĕсене депутата суйлама кандидата тăратрĕç.

Кандидатсем пурте халăхăн шанчăклă ывăл-хĕрĕсем, социализмлă Тăван çĕршыва, Ленин—Сталин партийĕн ĕçне чунтан-чĕререн парăннă çынсем пулнине пирĕн суйлавçăсем лайăх пĕлеççĕ. Çавăнпа та вĕсем ыран, хăйсен хисеплĕ тивĕçне, Сталинла Конституцире çырса хунă правăна пурнăçласа, пурте пĕр шухăх-кăмăллă пулса, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăлĕç.

Ыран пирĕн суйлавçăсем, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, Сталин юлташ «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикла произведенире палăртнă коммунизм строительствин аслă программине, партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсене, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн сасăлĕç.

Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, суйлавçăсем Совет государствин вăй-хăватне тĕреклетессишĕн, промышленноçа, ялхуçалăхне, наукăна, культурăна, искусствăна аталантарассишĕн, коммунизм строительствинчи çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн сасăлĕç.

Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, суйлавçăсем совет çĕршывĕнчи халăхсен туслăхĕпе совет обществин моралллĕ-политикăллă пĕрлĕхне тĕреклетессишĕн сасăлаççĕ.

Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, суйлавçăсем Совет Союзĕн тулашри сталинла политикишĕн, мирлĕ пурнăçшăн сасăлĕç, пĕтĕм тĕнчипе миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешесси анлă сарăлтăр тесе сасăлĕç.

Ĕççыннисем выранти Советсен суйлавне политикăллă тата производствăллă пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç. Суйлав кунĕнче вĕсем Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви тавра, аслă Сталин тавра тачă пĕтĕçсе тăнине çĕнĕрен палăртĕç.

Суйлавçă юлташсем! Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн пурте пĕр шухăшлă пулса сасăлар!

## Чаплă куна паллă тăваççĕ

ТĂВАЙ, февралĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти ĕççыннисем Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн кунне чыслăн паллă тăваççĕ. Çак кун ячĕпе районти клубсемпе вулав çурчĕсенче Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ çинчен лекцисемпе докладсем тата калаçусем ирттереççĕ. Чылай çĕрте Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн чаплă çĕнтерĕвĕсем çинчен калакан кĕнекесен тата фотоӳкерчĕксен витринисене тунă.

Район центрĕнчи культура çуртĕнче «Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ — мир тĕрекĕ» тема тăрăх темиçе хутчен калаçу ирттерчĕ. Çак темăпах кунта витрина тунă.

ВЛКСМ райкомĕ йĕлтĕрçĕсен эстафетине ирттерет. Эстафета февралĕн 16-мĕшĕнче пуçланчĕ. Эстафетăна хутшăннă çамрăксем районти тĕрлĕ колхозсенче пулса, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ кунĕ, Совет Çарĕн чаплă полководецĕ Сталин Генералиссимус çинчен калаçусем ирттереççĕ. Нăрвашпа Йăнтăрчри шкулсенче, Молотов ячĕпе тăракан тата ытти чылай колхозсенчи Досааф организацийĕсем пăшалпа тĕл перекенсен ăмăртăвĕсене ирттереççĕ.

# Совет Союзĕ тăрăх

★

### Сталинградгидростройри парти активĕн пухăвĕ

ВОЛЖСКИ (Сталинград облаçĕ), февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта Сталинградгидростройри парти активĕн пухăвĕ пулса иртнĕ. Пуху строительство ĕçĕсем мĕнле пыни çинчен сӳтсе явнă.

«Сталинградгидрострой» начальникĕ Логинов юлташ иртнĕ çулта аслă стройка коллективĕ тăпра чавса кăлармалли ĕç планне, çулсем тумалли, производствăллă никĕс хывмалли, культурăпа йăла çурчĕсем тата складсем тумалли плана срокчен тултарни çинчен пĕлтернĕ. Кăçал тата нумайрах ĕçсем тумалла. Гидротехникăн тĕп сооруженийĕсене тумалли вырăнсенче бетон хатĕрлекен заводсем тумалла, чылай заводсем, вăл шутра, арматура, бетон плитисем тăвакан, автомашинăсем юсакан заводсем туса лартмалла. Строительсен çĕршер çурт, Культура дворецĕ, медицина учрежденийĕсемпе ача-пăча учрежденийĕсем туса лартмалла пулать. Апрелĕн 1-мĕшĕччен строительсен çурхи шыв-шуртан сыхланмалли пысăк ĕçсем туса ирттермелле.

Пренире тухса каланă коммунистсем строительство ĕçĕсене ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсене критикленĕ, государство укçи-тенкине перекетлĕ тыткалассишĕн кĕрешӳве вăйлатма, социализмлă ăмăртăва анлăрах сарма кирлине кăтартса панă.

Парти активĕ ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма палăртнă.

### Аслă стройкăсем валли хăватлă техника

ЗАПОРОЖЬЕ, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Кăнтăр Украинăпа Çурçĕр Крым каналĕсен строительствинче ĕç фрончĕ куллен сарăлса пырать. Иртнĕ çулта çĕр чавакан машинăсен экипажĕсем 9 миллион кубометр тăпра кăларса тепĕр вырăна куçарнă. Çĕре шăвармалли Ингулец, Анатри Ингулец, Иваново, Благовещенск системисене тунă çĕрте тата Симферополь водохранилищине тунă çĕрте 19 миллион кубометр тăпра кăлармалла пулать.

Строительство площадкисене хамăр çĕршывра туса кăларнă хăватлă техника куллен килсе тăрать. Тĕслĕхрен, Тури Ингулецри çĕре шăвармалли каналсене тунă çĕрте тĕрлĕрен машинăсемпе механизмсем 1.600 ытла пулаççĕ.

Халĕ стройкăра çĕр чавакан машинăсем пилĕк çĕре яхăн, çĕршер автомобиль тата ытти техника нумай ĕçлеççĕ. Кăçалхи пĕрремĕш кварталăн малтанхи пайĕнче вуншар скреперсем, бульдозерсем, грейдерсем илсе килнĕ.



Казах ССР-ĕ. Алма-Ата çывăхĕнчи табак акса тăвакан совхозра клуб валли çĕнĕ çурт тунă. Клубра кинокартина е спектакль курмалли 400 вырăнлă зал, библиотека, вуламалли зал, кружоксем ĕçлемелли пӳлĕмсем пур.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: клуб çурчĕ.

И. БУДНЕВИЧПА В. МИРЯСОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Пропаганда ĕçĕн опычĕпе паллашаççĕ

ДНЕПРОПЕТРОВСК, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер парти обкомĕнче КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине пропагандăлас ĕçри опытпа паллаштарас тĕллевпе канашлу пулса иртнĕ. Канашлу ĕçне парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен секретарĕсем, предприятисенчи парти комитечĕсен секретарĕсем, кружоксемпе семинарсен руководителĕсем тата консультантсем хутшăннă.

Канашлура тухса калакансем парти вĕренĕвĕнче занятисен идейăллă шайĕ ӳснине палăртнă. Петровский ячĕпе тăракан заводра партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсемпе Сталин юлташăн произведенине вĕреннĕ май кружоксемпе политшкулсенче вĕренекенсен йышĕ темиçе çĕр çын таран ӳснĕ. Пропагандистсене тата марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене пулăшма партком библиотекинче тăтăшах лекцисем пулаççĕ, консультацисем параççĕ.

Карл Либкнехт ячĕпе тăракан тимĕр-тăмăр заводĕнче Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ тăрăх теориллĕ конференци ирттернĕ. Конференци ĕçне партипе хуçалăх работникĕсем хутшăннă.

### „Пушхире кĕмелли çул“

ТАХИА-ТАШ, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Пушхире кĕмелли çул», çапла ят панă аслă шыв çулĕ патне шыв илсе пымалли канала. Çак канал тăрăх земснарядсем Кара-Кум пушхирĕ еннелле ĕçлесе кайма пуçлаççĕ. Канал районĕнчи строительсен коллективĕ тăпра чавмалли тата тĕп сооружени тумалли ĕçсене майăн 1-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерме обязательство йышăннă. Тĕп сооружени котлованĕнчен тата 7,5 пин кубометр тăпра кăлармалли юлнă. Тăпра кăлармалли ĕçсен графикне строительсем пилĕк куна яхăн маларах тултарса пыраççĕ.

Кăçал гидроузел строительствинче хăватлă электростанци ĕçе кĕмелле. Ун валли оборудовани килсе çитнĕ. Канал строителĕсем чугун çул юппи çинче юлашки рельссене хываççĕ. Çак чугун çул тăрăх грузсем тиенĕ вагонсем тӳрех электростанци площадки патне пыма пултараççĕ.

Сывăх кунсенче тĕп сооружени котлованĕнче бетон тата тимĕр-бетон хывма тытăнаççĕ.

★

### Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарас умĕн

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флотне туса хунăранпа 35 çул тултарать. Çак куна паллă туса, çĕршыври предприятисенче, учрежденисенче, шкулсенче, колхозсенче, совхозсенче, çар чăсĕсенче СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсен организаторĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин çинчен, Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕн историйĕ çинчен, совет воинĕсем боевой тата политикăллă вĕренӳре тунă çитĕнӳсем çинчен лекцисем, докладсем, калаçусем ирттереççĕ.

Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ 35 çул тултарнă тĕле çар издательстви плакатсем кăларнă.

Февралĕн 19-мĕшĕнче Мускав хулинчи Сталински районта ĕççыннисен савăнăçлă пухăвĕ пулнă. Савăнăçлă пухусем çавăн пекех Молотовски, Дзержински тата ытти районсенче те пулса иртнĕ.

Савăнăçлă пухусенче пулнисем пысăк çĕкленӳпе совет халăхĕн мĕнпур çĕнтерĕвĕсен хавхалантараканĕпе организаторĕ — Совет Союзĕн Генералиссимусĕ И. В. Сталин патне саламлă çырусем яма йышăннă.

(ТАСС).

### Юлиус Фучика асăнса

ОДЕССА, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Хула общественноçĕ Чехословаки республикин нациллĕ геройĕ Юлиус Фучик писатель çуралнăранпа февралĕн 23-мĕшĕнче 50 çул тултарнине палăртма хатĕрленет.

Паян И. И. Мечников ячĕпе тăракан университетăн научнăй библиотекинче Ю. Фучик пурнăçĕпе ĕçне кăтартакан пысăк выставка уçалнă. Революционер-писателĕн паттăр ĕçĕсем çинчен студентсен общежитийĕсенче калаçусем ирттереççĕ. Урăх çĕршывсенчи литература кафедрин научнăй работникĕсем Ивановка, Балта тата ытти районсенче Ю. Фучик творчестви çинчен ялти интеллигенци валли лекцисем вуласа панă.

### ХУСАНТА ÇĔНĔ ПОРТ ТУМА ТЫТĂННĂ

ХУСАН, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Хусанта çĕнĕ порт тунă çĕрте тăпра чавса кăларма тытăннă.

Экскаваторщиксем перемычка тума пуçланă. Вăл пулас причалсен районне шывран хӳтĕлесе тăмалла. Строительсем металл шпунтсем çапса лартакан механизмсем мĕнле ĕçленине тĕрĕслеççĕ.

Февралĕн 20-мĕшĕ

# Вăрман хатĕрлемелли стахановла уйăхлăх

Мартăн 20-мĕшĕ

### Пур колхозсен те ĕçе хутшăнмалла

ЧКАЛОВСКИ, февралĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти чылай колхозсем уйăхлăха активлăн хутшăнчĕç. «Красное знамя» колхоз членĕсем йывăç касса хатĕрлемелли плана тултарнă, мартăн 20-мĕшĕ тĕлне йывăç турттарса кăлармалли плана ирттерсе тултарма сăмах пачĕç.

«Гвардеец» колхоз членĕсем йывăç касмалли плана тултарнă. Халĕ пĕр автомашинăпа тата 12 лавпа йывăç турттараççĕ. И. Зайцевпа Н. Павлов шоферсем ĕç нормине куллен 120—125 процент тултарса пыраççĕ. Лавçăсемпе шоферсем йывăç турттарса кăлармалли задание çитес кунсенче пурнăçлассишĕн ырми-канми тăрăшаççĕ.

ВЛКСМ райкомĕ пуçарнипе колхозсенчи комсомол организацийĕсем вăрман хатĕрлеме ятарласа комсомолецсемпе çамрăксен бригадисене тăваççĕ. Сталин ячĕпе тăракан колхозри комсомол организацийĕн секретарĕ М. Мыльникова юлташ вăрманта пĕр эрне пурăнчĕ, унта çамрăксем хушшинче массăллă-агитациллĕ ĕçе йĕркелерĕ.

Район государство заданине чыслă пурнăçласси кашни колхоз тăрăшса ĕçленинчен килет. «Путь Ленина» колхоз чи пысăк колхозсенчен пĕри. Вăл йывăç касса хатĕрлемелли плана 35 процент çеç тултарнă. Апла пулин те колхоз председателĕ Н. Чернов юлташ вăрмана ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ уйăрса яма тăрăшмасть. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз йывăç турттарса кăларма тытăнмапа пĕрех. Уйăхлăх вăхăтĕнче пур колхозсен те вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитерме тивĕçлĕ мерăсем йышăнас пулать.

И. МЕШКОВ.

### *Колхозниксене лайăх кĕтсе илетпĕр*

КИРЕ, февралĕн 19-мĕшĕ. (Телефонпа). Стахановла уйăхлăх ирттересси çинчен вăрман участокĕсенче рабочисен пĕрлехи пухăвĕсенче тата производствăллă канашлура сӳтсе яврăмăр. Вăрманпромхоз коллективĕ малта пыракан вăрманпромхозсемпе колхозсен патриотла пуçарăвне ырларĕ, уйăхлăха активлă хутшăнма, сезонти плана срокчен тата ирттерсе тултарма сăмах пачĕ.

Партбюро агитаторсен канашлăвне ирттерчĕ. Агитаторсене участоксем тăрăх çирĕплетнĕ.

Стахановецсем, рационализторсем хăватлă техникăна лайăх ĕçлеттермелли паха сĕнӳсем пачĕç. Халиччен электропăчкăсемпе КТ-12 тракторсене пĕр смена çеç ĕçлеттернĕ. Уйăхлăх вăхăтĕнче вĕсене икĕ смена ĕçлеттерме палăртрăмăр.

Рабочком культурăллă-массăллă ĕç планне туса хатĕрлерĕ. Уйăхлăх вăхăтĕнче вăрман хатĕрлекенсене кино кăтартма, спектакльсем лартса пама, докладсемпе лекцисем, калаçусем час-часах ирттерме палăртнă. Дирекци колхозниксене вырнаçтарма поселокра тата çывăхри ялсенче хваттерсем уйăрнă. Колхоз лашисем валли государство сĕлĕ, утă çителĕклĕ уйăрса парать. Рабочисемпе колхозниксене ĕç укçи вăхăтра параççĕ.

Шăхасан тата Çĕрпӳ районĕнчен вуншар колхозник ĕçлеме килчĕ. Паян-ыран автомашинăсемпе лавсем килсе çитессе шанатпăр. Пирĕн коллектив вĕсене хапăл туса кĕтсе илет.

Пирĕн ĕçре йывăрлăхсемпе çитменлĕхсем те сахал мар. Хăшпĕр мастерсем колхозниксене кирлĕ пек пулăшмаççĕ, малта пыракансен опычĕпе паллаштармаççĕ. РСФСР Вăрман промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕ (начальникĕ Никандров юлташ) вăрман хатĕрлекенсем хушшинче сутуилĕве йĕркелеме тăрăшмасть: магазинсенче хăшпĕр таварсем ытлашши нумай, теприсем сахал. Никандров юлташăн çак çитменлĕхе пĕтермелле.

В. АБАСКИН,
Кире вăрманпромхоз директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ.

### Ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ çителĕксĕр

ШĂМĂРШĂ, февралĕн 20-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти чылай колхозсем вăрман хатĕрлевĕнче паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз Тăван çĕршыва çулсеренпланран ирттерсе йывăç хатĕрлесе парать. Колхоз членĕсем кăçал та плана ирттерсе тултарчĕç. Чылай колхозсем уйăхлăха хутшăнчĕç. Районтан 142 çын çуран, 101 çын лавпа ĕçлет. Агитаторсемпе активистсем колхозниксене пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план, коммунизмăн аслă стройкисем çинчен ăнлантарса параççĕ. Чкаловски районĕнчен те вуншар колхозник вăрмана килчĕ. Ку районти хăшпĕр колхозсем плана паянтыран тултараççĕ.

Шăмăршă вăрманпромхозĕнче Тăвай районĕнчи колхозсен чылай йывăç хатĕрлемелле. Районти нумай колхозсем хăйсен тивĕçне япăх пурнăçлаççĕ. Ку районта ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ, Шăмăршă районĕпе танлаштарсан, нумайтарах. Апла пулин те район Шăмăршă районĕнчен 9 пин кубометр йывăç сахалтарах касса хатĕрленĕ, 7,5 пин кубометр сахалрах турттарса кăларнă. Халĕ вăрманта пурĕ те çĕр çын ытларах çеç ĕçлет. Сезонти плана тултарма ĕç вăйĕпе туртăм вăйĕ виççĕ-тăват хут нумайрах кирлĕ. Райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ колхозниксене ĕçе хутшăнтарма халех татăклă мерăсем йышăнмасан, Тăвай районĕ Тăван çĕршыв умĕнчи пысăк парăма кĕме пултарать.

П. КАЙСАРОВ.

### Малта пыракан колхоз

ПАРАЧКАВ. «Ударник» колхоз вăрман хатĕрлемелли плана 1946 çултанпа ăнăçлă тултарса пырать. Вăрçă хыççăнхи çулсенче колхоз членĕсем Тăван çĕршыва 7 пин кубометр ытла йывăç хатĕрлесе панă.

Колхозра вăрман хатĕрлеме хастарлă та опытлă çынсене уйăраççĕ. Ф. Софронов, В. Баланов, И. Жуков, И. Наумов тата С. Баланов юлташсем çуллен çĕршер кубометр йывăç хатĕрлеççĕ. Çак сезонти плана тултарма пурĕ 23 çын уйăрнă. Вĕсенчен 15 çын йывăç касса хатĕрлет, сакăр çын турттарать. Вĕсем государство заданине срокчен пурнăçлама, халăх хуçалăхне планран ирттерсе 10 процент йывăç хатĕрлесе пама пулчĕç.

Сезон пуçламăшĕнче вăрманта колхозниксемпе пĕрле колхоз председателĕ И. Макаров юлташ пĕр эрне пурăнчĕ. Вăл ĕçе лайăх йĕркелеме пулăшрĕ. Колхозниксем чи кĕске кун пулнă вăхăтра та нормăна тултарса пычĕç. Вĕсем кирек мĕнле çанталăкра та ĕçе çичĕ сехетре тытăнаççĕ, кăнтăрла делянка çинчех апат çиеççĕ. Хăшпĕрисем «лайăхрах» вăрман шыраса кварталтан квартала куçаççĕ, хаклă вăхăта сая яраççĕ. «Ударник» колхоз членĕсем кĕркуннерепе пĕр кварталтан тухмасăр ĕçлеççĕ. Чылай колхозниксем нормăна куллен 120—150 процент таран тултарса пыраççĕ.

Выранти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем 1.577 кубометр йывăç касса хатĕрлерĕç, плана 112 процент тултарчĕç. Колхозăн тата 450 кубометр йывăç турттарса кăлармалла. Стахановла уйăхлăх ирттересси çинчен сӳтсе явнă хыççăн, колхоз правленийĕ йывăç турттарма тăватă лав хушса яма йышăнчĕ. Халĕ вăрманта 12 лавçă ĕçлет. Вĕсем вăрман турттармалли плана çитес кунсенче тултарассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

## Хаваслă пурнăçшăн сасăлатăп

Техникăна лайăх пĕлекен механизатор пулас ĕмĕт мана пĕчĕкренпех канăç паместчĕ. Пĕр машина çинче çеç мар, темиçе тĕрлĕ машинăпа ĕçлесси çинчен ĕмĕтленеттĕм. Мĕншĕн тесен, кунсеренех аталанса пыракан ялхуçалăхĕнчи пĕтĕм йывăр ĕçсене механизацилес тесен, пĕр машинăпа ĕçлеме пĕлни çитмест. Манăн ĕмĕт ытла та пысăк пулнăран, ăна пурнăçлама май та çук пек туйăнатчĕ. Анчах пирĕн çĕршывра апла мар. Сталинла Конституци хĕвелĕ айĕнче пурăнакан çынăн шухăш-ĕмĕчĕ пурнăçланса пырать. Тăрăшни, пĕтĕм вăя хурса ĕçлени тата вĕренни кăна кирлĕ.

Ялти çичĕ çул вĕренмелли шкултан вĕренсе тухсан, эпĕ Канашри механизаци шкулне вĕренме кайрăм. Кунта тĕрлĕ машинăсемпе тракторсем çинче ĕçлеме вĕрентĕм. Унтан мана Совет Çарне илчĕç. Совет Çарĕнче те пире вĕрентме пăрахмарĕç. Унта та эпĕ механизмсемпе ĕçлеме вĕрентĕм.

Совет Çарĕнчен таврăнсанах, эпĕ машина-трактор станцине кайрăм. Эпĕ Совет Çарĕнче пулнă чухне МТС техникăпа тата ытларах пуянланнă, вăйланнă. Çĕнĕ йышши тракторсем, комбайнсем тата ытти ялхуçалăх машинисем илсе килнĕ. Çавăнпа та эпĕ çĕнĕ машинăсемпе ĕçлеме вĕренме шутларăм. МТС дирекцийĕ мана каллех Канаша вĕренме ячĕ. Механизаци шкулĕнче эпĕ çĕнĕ йышши хăватлă «ДТ-54» трактора вĕрентĕм. Халĕ эпĕ кирек мĕнле трактор çинче те, кирек хăш комбайн çинче те ларса, колхоз хирне тухса кайма пултаратăп. Кунсăр пуçне, эпĕ виçĕ йышши автомашинăпа çÿреме пĕлетĕп.

Механизаци шкулĕнчен вĕренсе тухсан, МТС дирекцийĕ мана бригадир помощникĕ пулса ĕçлеме çирĕплетрĕ. Вара эпĕ пĕтĕм пĕлĕве парса ĕçлеме, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, хамăра çирĕплетсе панă колхозсене вăйлă тырпул туса илме пулăшассишĕн хытă тăрăшма тытăнтăм. Колхозсемпе тунă договора эпир иртнĕ çул пурнăçларăмăр, колхозсене вăйлă тырпул туса илме пулăшрăмăр, 1.450 килограмм горючи тата сĕрмелли çу перекетлерĕмĕр. Кунпа пĕрлех эпĕ МТС-ри трактористсен курсĕнче çамрăксене тракторпа ĕçлеме вĕрентетĕп, МТС валли механизаторсен кадрĕсене нумайрах вĕрентсе хатĕрлеме пулăшатăп.

Февралĕн 22-мĕшĕ—вырăнти Советсене суйламалли кун. Çак кун эпĕ Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн парăннă çынсемшĕн хамăн сассăма паратăп. Суйлав кунне эпĕ Сталинла Констуцишĕн — çĕршыв гражданĕсене ĕçлеме, канма, вĕренме право панă законшăн сасăлатăп.

**М. Е. МОЖАЕВ,**
трактторист.

### СУЙЛАВÇĂСЕНЕ ЙЫШĂНМА ХАТĔР

ЧУРАЧĂК. Йĕкĕрварти 17-мĕш номерлĕ суйлав участокĕ суйлавçăсене йышăнма хатĕрленсе çитрĕ.

Суйлав участокĕнче 4 кабина тунă. Ял Совет исполкомĕ суйлавçăсен списокне тĕрĕслесе пĕтерчĕ. Суйлав кунĕнче участока çутатма электродвигатель хатĕрлесе лартрĕç.

Çак кунсенче участокра депутата суйлама тăратнă кандидатсем хăйсен суйлавçисемпе тĕл пулчĕç.

**А. КОЛЬЦОВ.**

## ТЕЛЕЙЛĔ ПУРНĂÇШĂН

Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли кун çывхарса çитрĕ. Канаш хулинчи ĕçсыннисем çак куна пысăк хаваслăхпа кĕтсе илеççĕ.

Хулари ĕçсыннисем хула Советне депутата суйлама пурĕ 63 çынна кандидата тăратнă. Кандидата тăратнă çынсем хушшинче промышленность предприятийĕсенчи малта пыракан рабочисем, инженерсемпе техниксем, мухтава тивĕçлĕ железнодорожниксем, стахановецсем, хăйсен пултаруллă ĕçĕсемпе чапа тухнă учительсемпе врачсем, халăх ĕçĕшĕн чунтан-чĕререн тăрăшакан партипе совет работникĕсем тата ытти ĕçсыннисем пур.

Вагонсем юсакан заводри рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем 61-мĕш суйлав округĕ тăрăх хула Советне депутата суйлама завод теплоэлектроцентралĕн кочегарне Данил Сергеевич Сергеев юлташа кандидата тăратрĕç.

Данил Сергеевич Сергеев юлташ—заводри чи вăтă производственниксенчен пĕри. Вăл кунта завода тума пуçланăранпах ĕçлет. Хăй утмăл çула çитнĕ пулсан та, Сергеев юлташ халĕ те хастарлăха çухатман. Ĕç — манăн телей, тет Данил Сергеевич. Иртнĕ çулта вăл 420 тонна топливо перекетлесе хăварнă. Çакă завода 52 пин тенкĕ ытла укçа-тенкĕ перекетлесе хăварма май панă. Сергеев юлташ кăçал татах та пысăкрах çитĕнÿсем тăвассишĕн кĕрешет. Сергеев юлташ çĕршер çамрăк рабочисене ĕçлеме вĕрентнĕ. Ахальтен мар ĕнтĕ ăна Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Хисеп грамотине тата тĕрлĕ медальсемпе значоксем парса наградăланă.

19-мĕш суйлав округĕнчи ĕçсыннисем хула Советне депутата суйлама Кирилл Андреевич Николаев юлташа кандидата тăратрĕç. К. Николаев юлташ 1919 çулта Куславкка районĕнчи Паймит ялĕнче чухăн хресчен çемйинче çуралнă. Николаев юлташ Ленинградра, чугун çул транспорчĕнчи инженерсен институчĕ çумĕнчи курсра вĕренсе тухнă. Вăл—чугун çул узелĕнчи парткомн секретарĕ.

Хула Советне депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче РСФСР тата Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учительне, Ленин орденĕпе наградăланă, миршĕн тăракансен Чăваш республикинчи тата Пĕтĕм Союзри конференцийĕн делегачĕ пулнă Павел Егорович Егоров юлташа ырă ятпа асăнаççĕ. Ăна хула çыннисем пурте лайăх пĕлеççĕ. Павел Егорович Канашра нумай çул хушши пурăнать. Обществăллă ĕçе активлă хутшăннăран ĕнтĕ ăна 1926 çултанпа яланах хула Советне суйлаççĕ.

Кандидатсем хушшинче ВЛКСМ хула комитечĕн секретарĕ—çамрăксен пултаруллă организаторĕ Вера Николаевна Романова, моторсем юсакан заводри газоэлектросварщик Афанасий Порфирьевич Никитин, çыхăну кантурĕнче ĕçлекен чи лайăх телеграфистка Мария Спиридоновна Спиридонова, хулари сывлăх пайĕнче ĕçлекен инспектор çамрăк врач Нина Павловна Антонова тата ыттисем те пур.

Суйлавçăсем хăйсен кандидачĕсене хула Совечĕн ĕçне лайăхлатма, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатса пырас тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлеме наказсем парса хăвараççĕ. «Пирĕн хула—ÿссе пыракан хула. Çавăнпа ăна лайăхлатасси çине тимлĕн çаврăнса пăхмалла. Урам хушшисене йывăççем нумайрах лартмалла, çĕнĕ çулсем тумалла», теççĕ пĕрисем. «Пурăнмалли çуртсем лартас ĕçе вăйлатмалла», теççĕ теприсем. «Хулара клубсем сахал. Çитес çулсенчех хулара çĕнĕ клуб лартасчĕ», теççĕ çамрăксем. Теприсем шкулсемпе суту-илÿ организацийĕсен ĕçне лайăхлатма ыйтаççĕ. Çав вăхăтрах вĕсем хула Совечĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене те уççăн, тÿрĕ сăмахпа хытă критиклеççĕ.

Канаш хулинчи ĕçсыннисем вырăнти Советсен суйлавне пурте пĕр çын пек пулса хутшăнĕç, вĕсем хăйсен сассисене Тăван çĕршывăн чи лайăх ывăл-хĕрĕсемшĕн парĕç. Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăлани коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвассишĕн, социализмлă Тăван çĕршыв хăватне ÿстерессишĕн, пĕтĕм тĕнчипех мирлĕ пурнăç тăвассишĕн сасăлани пулнине хулари кашни ĕçсынни лайăх ăнланса тăрать.

**С. АСЛАН.**
**Г. ИСАЕВ.**



**Мария Ивановна СОЛОВЬЕВА,—**
Куславккари çуртсем тăвакан заводри инженер, ĕçсынни депутачĕсен Куславкка район Советне депутата суйлама регистрациленĕ кандидат.

## Парторганизаци секретарĕ

«Правда» колхоз членĕсем Вăрмар район Советне депутата суйлама хăйсен колхозĕнчи пуçламăш парторганизаци секретарьне, колхоз председателĕн заместительне Анна Яковлевна Яковлева юлташа кандидата тăратрĕç.

Яковлева юлташ хĕрÿллĕ ĕçре пиçсе çирĕпленнĕ коммунист. Вăл 1906 çулта, чухăн хресчен çемйинче çуралнă. 1928 çулта ял Совет председательне суйласан, вăл хăйĕн ĕçри хастарлăхне уççăн кăтартса панă, колхоз тунă чухне ырми-канми ĕçленĕ.

1930 çултанпа вăл Коммунистсен партийĕн членĕнче тăрать. Халăх ĕçĕшĕн хастарлă кĕрешнĕшĕн, ĕçсыннисен ыйтăвĕсем çине тимлĕ пăхнăшăн, çитменлĕхсене хирĕç çине тăрса кĕрешнĕшĕн колхозниксем Яковлева юлташа юратаççĕ, хисеплеççĕ.

Колхоз 1952 çулта пысăк çитĕнÿсем турĕ, тухăçлă тырпул туса илчĕ, государство умĕнчи пур обязательствăсене те срокчен пурнăçларĕ, обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатрĕ, халĕ хĕрсех çуракине хатĕрленет.

«Правда» колхоз членĕсем суйлав кунĕ, пурте пĕр çын пек пулса, коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блок кандидачĕшĕн, халăхăн шанчăклă хĕрĕшĕн, Коммунистсен партийĕ пăхса çитĕнтернĕ хастарлă çыншăн—А. Я. Яковлева юлташшăн сасăлĕç.

**Г. МАТВЕЕВ.**

## Манăн телей

Кăçал эпĕ пĕрремĕш хут суйлава хутшăнатăп. Февралĕн 22-мĕшĕнче, ытти совет гражданĕсемпе пĕрле, эпĕ те, алла бюллетень илсе, урна патне пыратăп. Çак кун маншăн чăн-чăнах та асран кайми кун пулать.

Эпир, Сталинла Конституци хĕвелĕ айĕнче ÿснĕ совет çамрăкĕсем, ĕлĕкхи тĕттĕм саманари нушаллă пурнăçа курман. Ун чухнехи ĕçсыннисен пурнăçĕ çинчен эпир кĕнекесем тăрăх тата ватă çынсем каланипе çеç пĕлетпĕр.

Паянхи кун та капитализмлă çĕршывсенче çамрăксем, пирĕн тантăшсем, суйлав правине усă кураймаççĕ, выçăллă-тутăллă пурăнаççĕ, вĕсен вĕренÿ прави çук, вĕсемшĕн шкул алăкĕсем хупă.

Пирĕн çĕршыври çамрăксен пурнăçĕ пачах урăхла. Ман пурнăçах илес. Эпĕ Шупашкар районĕнчи Шорчекасси ялĕнче, колхозник çемйинче çуралнă. Ялти çамрăксемпе пĕрле çичĕ çул вĕреннĕ хыççăн, Шупашкарти кооператив техникумне вĕренме килтĕм. Кунта пирĕншĕн чунтан-чĕререн тăрăшаççĕ, государство пире стипенди парать, опытлă преподавательсем пире вĕрентсе ырми-канми ĕçлеççĕ. Пирĕн техникумра 500 çынна яхăн вĕренет. Вĕсем пурте—ĕçсыннисен ачисем. Кăçал эпир вĕренсе тухатпăр. Алла диплом илсенех, тĕрлĕ вырăнсене ĕçлеме каятпăр. Мĕн тери савăнăç вăл пирĕншĕн! Хамăрăн телейлĕ çĕршывра ÿснишĕн вĕçĕ-хĕррисĕр хавасланас килет. Çакăн пек телейлĕ пурнăç туса панăшăн Коммунистсен партине, Совет правительствине тата юратнă Сталин аттемĕре чун-чĕререн тав тăватăп.

**В. ВАРСОНОФЬЕВ.**

# Хĕрлĕ ялав илнĕ хыççăн

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводĕ иртнĕ çулхи тăваттăмĕш кварталти социализмлă ăмăрту итогĕсем тăрăх СССР Министрĕсен Совечĕн тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Облпрофсоветăн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавĕсене памалла тунă.

Çак кунсенче завод коллективĕн пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта çак пысăк награда сене завода пачĕç. Пирĕн корреспондент СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне пама килнĕ электропромышленность работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн президиум членĕпе К. С. Акилов юлташпа каласнă.

Завод коллективĕн иртнĕ çулхи ĕçĕсем çинчен вăл çапла каласа панă:

— Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод коллективĕ СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ Ялавне тивĕçлипе илчĕ. Завод коллективĕ иртнĕ çулта пĕтĕм продукци туса кăлармалли плана 107,4 процент тултарнă, Тăван çĕршыва планран иртнерсе продукци нумай панă. Çав вăхăтрах продукцин хăйне ларакан хакне чакарса планран иртерсе миллионшар тенкĕ накоплени тунă. Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли плана 102,2 процент пурнăçланă. Коллектив материалсем, электроэнерги перекетлес тĕлĕшпе те пысăк çитĕнÿсем тунă. Брак тăвасси чылай чакнă.

Завод коллективĕ пĕлтĕр коммунизмăн аслă стройкисен заказĕсене срокчен тата питĕ лайăх туса пырас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçленĕ.

Перекетлĕхшĕн кĕрешсе завод коллективĕ иртнĕ çулта 7 тонна металл, 8 тонна карболит порошокĕ, монтаж тумалли провод 15 пин метр, 1.100 килограмм пăхăр перекетлесе хăварнă.

Калас пулать, завод коллективĕ продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн вăйлă кĕрешÿ пуçарнă. Чи лайăх продукци туса кăларакан бригада ятне илессишĕн 185 бригада ăмăртать. Çав ăмăртура чылай рабочисем паха тĕслĕх кăтартаççĕ. Рабочисенчен 90 проценчĕ стахановецсем. Вĕсем сменăри задание 170—180 процент таран тултарса пыраççĕ. Перекетлĕхшĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн кĕрешсе стахановецсем çĕнĕ ĕç меслечĕсем чылай тупнă, вĕсене ĕçре пурнăçласа пыраççĕ.

Завод коллективĕ рационализаторла паха сĕнÿсене нумай пурнăçланă. Мускаври çÿлĕ çуртсем валли кирлĕ паха аппаратсем туса панă. Куйбышеври гидроэлектростанцие тунă çĕрте Атăл урлă çакса тунă çул валли кирлĕ кăткăс аппаратсем туса хатĕрленĕ.

Паллах, завод коллективĕн çитĕнĕвĕсем татах та нумай.

Çав çитĕнÿсене заводри партипе профсоюз тата комсомол организацийĕсем социализмлă ăмăртăва куллен тата пĕлсе ертсе пынипе тунă.

Эсир профсоюз завкомĕ социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçри лайăх енсем çинчен каласа пама ыйтатăр.—Ку тĕлĕшпе Шупашкарти завод коллективĕн паха опыт пур. Ун çинчен электропромышленноçĕнчи ытти предприятисенче те калаçаççĕ, вĕсен опычĕпе паллашма тăрăшаççĕ.

Кунта кашни рабочие социализмлă ăмăртăва хутшăнтарнă. Ăмăрту итогĕсене кашни вунă кунта туса пыраççĕ. Çакă рабочисене ĕçре хавхалантарса, кая юлнисене малтисемпе вăхăтра танлашма май парать. Ăмăрту итогĕсем тăрăх мала тухнисене, ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартакансене кашни цехра, участокра, кашни рабочи пĕлсе тăмалла тунă. Рабочисем вĕсен ячĕсене Хисеп хăми çинче вуласа пĕлеççĕ çеç мар, фотоÿкерчĕксене те кураççĕ. Çакă, паллах, кашни рабочипе работницăна ĕçре хавхалантарать.

Профсоюз завкомĕ ăмăрту итогĕсем тăрăх каярах юлнă рабочисене малтисемпе танлашма, вĕсем пек ĕçлеме пулăшни ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме, пĕтĕм коллектива лайăх ĕçлеме май парать.

Ĕçри лайăх енсенчен çакна палăртмалла: заводра малта пыракан уйрăм рабочисен, бригадăсен паха опытне сарассине лайăх йĕркеленĕ. Механически цехра ĕçлекен токарь-новаторсем В. Павловпа Н. Спасова, А. Чапурина намотчица тата ытти рабочисем ĕç меслечĕсемпе паллаштарма кĕнекесем пичетлесе кăларни питех те паха ĕç пулать. Çав брошюрăсене ытти заводсенче те юратса вулаççĕ, вĕсен ĕç опычĕсемпе паллашаççĕ. Калас пулать, Шупашкарти заводра пулнă май, эпĕ унта ĕçлекен паллă рабочисен Григорьева, Тарасова, Шеронова, Вениаминова тата ытти чылай рабочисемпе работницăсен ĕçне юратса пăхрăм. Электропромышленность предприятийĕсенче ĕçлекенсен Профсоюзĕн Центральнăй комитечĕ çак заводри новаторсен ĕçри паха опытне пĕтĕçтерсе ытти заводсене сарас тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса иртернĕ.

Завода СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне памалла туни рабочисемпе работницăсен пĕтĕм коллективне ĕçре чĕререн савăнтарать.

Çак ялава илесшĕн вуншар завод коллективĕ ăмăртнă, ырми-канми ĕçленĕ. Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод ăмăртура мала тухрĕ. Чылай завод коллективĕ тивĕçлĕ çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарать. Заводăн кирек-хăш цехне кĕрсен те халĕ хĕрÿ ĕç вĕресе тăнине куратăн. Куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавсене панă кун рабочисем халăхсен аслă çулпуçĕ И. В. Сталин юлташ патне çыру яма йышăнчĕç. Вĕсем ĕç тухăçлăхне чакармасăр кăçал тата лайăхрах ĕçлеме тупа турĕç. Çулпуç умĕнче панă сăмаха чыслăн пурнăçласа, завод коллективĕ СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне малашне те хăйĕн аллинче çирĕппĕн тытса тăрасса шанма пулать. Завод коллективĕн çак кунсенчи ĕçĕ те çакăн çинченех калать.

### „Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

#### „Колхозри кадрсем çине чунсăр пăхнине хирĕç“

КПСС Çĕрпÿ райкомĕ «Коммунизм ялавĕ» хаçатра январĕн 27-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Колхозри кадрсем çине чунсăр пăхнине хирĕç» ятлă çырура çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ.

Çырăва январĕн 30-мĕшĕнче «Глиссер» колхоз членĕсен пухăвĕнче сÿтсе явнă. Пуху фермăра ĕçлекенсене малашне вăрман хатĕрлевне ямалла мар тума, колхозри вăйпитти ытти çынсене ĕçе хутшăнтарнипе плана пур енĕпе те çак кунсенчех тултарма йышăннă.

Колхозра агрокурс занятийĕсене ертсе пыма питомник директорне А. Таврин юлташа уйăрнă, вăл ĕçе тытăннă.

# Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕ

Сталинла Конституци панă аслă правăсемпе туллин усă курса, пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем вырăнти Советсен суйлавне политикăллă тата ĕçри пысăк çĕкленÿпе хатĕрленеççĕ. Совет çыннисем суйлава хатĕрленнĕ кунсенче пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри заданисене срокчен пурнăçлассишĕн çĕнĕ вăйпа кĕрешеççĕ.

Государство влаçĕн органĕсене суйласси пирĕн çĕршывра чăннипех пĕтĕм халăх ĕçĕ пулса тăрать. Советлă социализмлă демократи—чи çÿлĕ пусăмри демократи. Вăл пирĕн çĕршыври ĕçсыннисене государствăна тытса пырас ĕçе активлă хутшăнма анлă майсем туса парать.

Пирĕн çĕршывра суйлавсем рабочисем, хресченсем тата интеллигенци пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçленĕ, вĕсем пĕр-пĕрне шанса тăнă, пĕр-пĕринпе туслă пурăннă лару-тăрура пулса иртеççĕ. «Çавăн пек ирĕклĕ те чăннипех демократиллĕ суйлавсем,—терĕ Сталин юлташ 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче,—социализмлă йĕркесем çĕнтерсе илнĕ никĕс çинче кăна... çуралса тухма пултарнă».

Сталин юлташ çак сăмахсене каланă хыççăн иртнĕ çулсем хушшинче социализм çĕнĕрен питĕ пысăк çĕнтерÿсем турĕ. Пирĕн Тăван çĕршывăн вăй-хăвачĕ тата ытларах чечекленчĕ, халĕ вăл коммунизм строительствинче çĕнĕрен çĕнĕ çитĕнÿсем туса пырать. Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршыв экономикине хуçалăхăн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн çĕклес, халăхăн пурнăçне лайăхлатас тата культурине ÿстерес çулпа аталантарса пырать.

Коммунизм строительствин задачисене кăçалă пурнăçлас ĕçре ССР Союзĕн политикăллă никĕсĕ пулса тăракан ĕçсынни депутачĕсен Совечĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ.

«Советсен вăйĕ,—тет Сталин юлташ,—массăсен тÿрремĕнех хăйсен тунă организацийĕсем, урăхла каласан, чи демократиллĕ тата, çапла вара, массăсен чи авторитетлă организацийĕсем пулса тăраççĕ; çав организацисем массăсене çĕнĕ государство туса йĕркелес тата ăна тытса пырас ĕçе хутшăнма питех те хытă çăмăллатаççĕ, кивĕ йĕркене çĕмĕрсе тăкассишĕн кĕрешес ĕçре, çĕнĕ, пролетариллĕ йĕркешĕн кĕрешес ĕçре массăсен революциллĕ хастарлăхне, пуçарулăхне, творчествăллă пултарулăхне питех те анлăн сарса яраççĕ».

Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем хуçалăхпа культура строительствинче тунă пысăк çитĕнÿсем вырăнти Советсен ĕçĕпе пĕр уйрăлми çыхăнса тăраççĕ. ССР Союзĕн Конституцийĕнче кăтартса панă тăрăх, вырăнти Советсем хăйсене пăхăнса тăракан управлени органĕсен ĕçĕсене ертсе пыраççĕ, государство йĕркелĕхне тытса тăраççĕ, законсене пурнăçа тĕрĕс кĕртмелле тата граждансен прависене сыхламалла тăваççĕ, вырăнти хуçалăхпа культура ĕçне ертсе пыраççĕ, вырăнти бюджета тăваççĕ. Коммунистсен партийĕ совет органĕсене тĕреклетессишĕн, вĕсен организаторла рольне вăйлатассишĕн, массăсемпе çыхăну тытассине анлăлатассишĕн куллен-кун тăрăшать.

Пирĕн çĕршыври халăхсем вырăнти Советсен суйлавне пĕр-пĕрне шанса тăрса тата пĕр-пĕринпе туслă пурăнса кĕтсе илеççĕ. ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ пирĕн социализмлă обществăна малалла илсе пыракан вăй, Совет государствин вăй-хăвачĕн çăлкуçĕсенчен пĕри пулса тăрать.

Сталин юлташ каланă тăрăх, аслă вырăс халăхĕ Совет Союзне кĕрекен мĕнпур нацисенчен чи паллă наци пулса тăрать. Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсем вырăс халăхне хăйсен аслă пиччĕшĕ тесе шутлаççĕ, унран вĕренсе пыраççĕ. Ĕлĕк правасăр пулнă халăхсем, çав шутрах чăваш халăхĕ те, вырăс халăхĕ тăвакан пулăшнипе, коммунистсен партийĕ ертсе пынипе социализмлă нацисем пулса аталанчĕç.

Аслă вырăс халăхĕ пулăшнипе тата мĕнпур тăванла халăхсен туслă çемйинче пурăнса, Чăваш республикинчи ĕçсыннисем пысăк çитĕнÿсем турĕç. Совет влаçĕн çулĕсенче пирĕн парти ленинла-сталинла наци политикине пурнăçласа пынине пула чăваш халăхĕ ĕлĕкхи кая юлнăлăха пĕтерчĕ, промышленноçа, ялхуçалăхне тата форми тĕлĕшпе нациллĕ, содержани тĕлĕшпе социализмлă культурăна аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем турĕ.

Пирĕн республикăри ĕçсыннисем вырăнти Советсен суйлавне пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илеççĕ. Суйлав умĕнхи пухусенче, митингсенче, канашлусенче рабочисемпе колхозниксем тата интеллигентсем Ленин—Сталин партине чĕререн юратнине тата парăнса ĕçленине кăтартса пачĕç. Республикăри ĕçсыннисем патриотла пысăк çĕкленÿпе район, хула, ял тата поселок Совечĕсене депутата суйлама кандидатсем тăратрĕç.

Вырăнти Советсене депутата суйлама кандидатсем тăратас тĕлĕшпе иртнерĕ пухусемпе митингсем коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн никам хавшатайми вăйне çĕнĕрен уççăн кăтартса пачĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен çитес суйлавне, Сталинла Конституци тăрăх иртнерĕ мĕнпур суйлавсенчи пекех, партире тăман рабочисемпе, колхозниксемпе, интеллигенципе пĕр блок туса, тачă çыхăну тытса тухать. Иртнĕ суйлавсем вăхăтĕнчи пекех, парти профессиллĕ союзсемпе, комсомолпа, ĕçсыннисен ытти организацийĕсемпе тата обществисемпе пĕрле суйлава пырать.

Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕ вăл çакна пĕлтерет: государство влаçĕн органĕсене суйланă чухне депутата суйламалли хăйĕн кандидачĕсене пирĕн парти партире тăманнисенчен уйрăм мар, вĕсемпе пĕрле тăратать. Коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕ совет халăхĕн моралллĕ-политикăллă пĕрлĕхне, вăл Ленин—Сталин партине чĕререн юратнине тата парăннине кăтартса парать.

Пирĕн çĕршывра коммунистсемпе партире тăманнисем пĕрлĕхлĕ коллектива пĕрлешсе тăни çинчен каласа, Сталин юлташ çапла кăтартса пачĕ: «Пĕрлехи коллективра пурăнса, вĕсем хамăр çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетессишĕн пĕрле кĕрешрĕç, хамăр Тăван çĕршывăн ирĕклĕхĕпе аслăлăхĕшĕн фронтсенче пĕрле çапăçса юн юхтарчĕç, пирĕн тăван çĕршывăн тăшманĕсене хирĕç пĕрле кĕрешсе çĕнтерĕве туптарĕç, туптаса çитерчĕç. Вĕсем хушшинчи уйрăмлăх çакăнта кăна: пĕрисем партире тăраççĕ, теприсем тăмаççĕ. Анчах та ку формальнăй уйрăмлăх. Пĕрисем те, теприсем те пĕрлехи пĕр ĕçех тăваççĕ, çакă вара чи пахи пулать. Çавăнпа та коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕ пурнăç кăларса тăратнă тивĕçлĕ ĕç пулса тăрать».

Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн нихçан хавшалми никĕсĕ—хăватлă социализмлă обществăпа государство стройĕ пулса тăрать. Коммунистсен партийĕпе политикăллă союз тунине совет халăхĕ хăйĕн пурнăçри интересĕсемпе тата ĕмĕчĕсемпе килĕшсе тăракан питех те кирлĕ ĕç тесе шутлать. Çавăнпа та пирĕн çĕршыври государство влаçĕн органĕсене суйланă чухне коммунистсемпе партире тăманнисен блокĕ яланах чаплă çĕнтерÿ тăвать.

Вырăнти Советсене депутата суйлама коммунистсемпе партире тăманнисем пĕрле пирĕн халăхăн чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсене, Ленин—Сталин партийĕн ĕçне чĕререн парăннă çынсене кандидата тăратрĕç. Совет халăхĕн историллĕ çĕнтерĕвĕсене хавхалантарса тата организацилесе пыракан çулпуçăмăра И. В. Сталин юлташа ĕçсыннисем пур çĕрте те депутата суйлама пĕрремĕш кандидата тăратрĕç.

Пирĕн республикăра район, хула, ял тата поселок Совечĕсене депутата суйлама пурĕ 10.036 çынна кандидата тăратнă. Вĕсем хушшинче коммунистсем 46,2 процент, партире тăманнисем 44,7 процент. Кандидата тăратнисем хушшинче ВЛКСМ членĕсем 910 çын.

Вырăнти Советсене депутата суйлама промышленность предприятийĕсенчи малта пыракансене, колхозлă ялăн чи лайăх çыннисене, совет интеллигенцийĕн тивĕçлĕ представителĕсене кандидата тăратнă. Сăмахран, Шупашкар хула Советне депутата суйлама пир-авăр комбинатĕнчи чи лайăх работницăна Ю. Сапожникова юлташа, Чăвашсен ялхуçалăх институтĕнчи марксизм-ленинизм никĕсĕсен кафедрин заведующине, экономика наукисен кандидатне П. Лебедев юлташа, Чăваш совет композиторĕсен союзĕн правлени председательне, Сталинла премии лауреатне Ф. Лукин композитора тата ыттисене те кандидата тăратнă.

Сĕнтĕрвăрринчи судоверфьре ĕçлекенсен коллективĕ хула Советне депутата суйлама хăйсен предприятийĕнчи чи лайăх рационализатора И. Сарабаев юлташа кандидата тăратнă. Вăл хăйĕн рационализациллĕ паха сĕнĕвĕсемпе вуншар пин тенкĕ перекетлеме пулăшнă.

Социализмлă ялхуçалăхĕнчи ĕçченсем вырăнти Советсене депутата суйлама ялти малта пыракан çынсене, вăйлă тырпулпа тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ăстисене кандидата тăратнă.

Вырăнти Советсене депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче совет интеллигенцийĕн представителĕсем — учительсем, врачсем, агрономсем тата ыттисем те сахал мар.

Пирĕн çĕршыври хĕрарăмсем арçынсемпе пĕр тан государствăна ертсе пырас ĕçе хутшăнни çакăнтан лайăх курăнать: вырăнти Советсене депутата суйлама тăратнă кандидатсенчен 33,3 проценчĕ хĕрарăмсем.

Коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсем—пирĕн халăхăн чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсем, çулăмлă совет патриочĕсем. Депутата суйлама тăратнă кандидатсен составĕ пирĕн çĕршывра чăн-чăн халăх влаçĕ пулнине уççăн кăтартса парать. Кандидатсем хушшинче Ленин—Сталин ĕçне чĕререн парăннă партипе совет работникĕсем, наукăпа техника деятелĕсем, малта пыракан рабочисемпе колхозниксем тата ыттисем те пур.

Пирĕн çĕршывра депутатсене халăх пысăк та хисеплĕ ĕç шанса парать, çавăнпа вĕсен халăх умĕнчи ответлăхĕ те пысăк. Сталин юлташ çапла вĕрентет: депутат вăл — халăх тарçи, унăн хăйне халăх хушнă пек тытмалла, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн пĕтĕм вăйпа кĕрешмелле, Депутатсен яланах хăйсен задачисен çÿлĕшĕнче тăмалла. Ленин — Сталин сăнарлă политикăллă деятельсем пулмалла.

1953 çулхи февралĕн 22-мĕшĕ—пирĕн республикăри ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсене суйламалли кун. Çак кун республикăри мĕнпур ĕçсыннисем, суйлав урнисем патне пырса, хăйсен сассисене коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн парĕç, влаçăн вырăнти органĕсене халăхăн чи лайăх ывăлĕсемпе хĕрĕсене суйлĕç.

Суйлав кунĕнче коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕн кандидачĕсемшĕн сасăласа, республикăри ĕçсыннисем Совет государствин вăй-хăватне малалла ÿстерессишĕн, Совет правительствин мирлĕ политикишĕн, халăх хуçалăхне малалла хăватлăн аталантарассишĕн, совет наукипе культурине чечеклентерессишĕн, халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн, коммунизм строительствинчи çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн сасăлĕç.

Ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсен çитес суйлавĕнче коммунистсемпе партире тăманнисен сталинла блокĕ çĕнĕ çĕнтерÿ туни совет халăхĕн моралллĕ-политикăллă пĕрлĕхне, унăн çулăмлă патриотизмне, вăл Ленин—Сталин партине чĕререн парăннине уççăн кăтартса парĕ, пирĕн Тăван çĕршыва тата вăйлăрах тĕреклетĕ.

**Н. ВАСИЛЬЕВ.**

# Çуракине тĕплĕ тата лайăх хатĕрленсе çитер!

## ВАЙЛĂ ТЫРПУЛШĂН КĔРЕШЕС ĔÇРИ ОТВЕТЛĂ ТАПХĂР

Партин XIX-мĕш съезчĕ парти, совет, ялхуçалăх органĕсем умне, колхозсемпе МТС-сем, совхозсем умне ялхуçалăхне малалла çĕклес тĕлĕшпе ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. «Ялхуçалăхĕн мĕнпур культурисен тухăçлăхне ӳстересси, общественнăй выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ӳстересси, ялхуçалăхĕнче малта пыракан техникăпа агрокультурăна ĕçе кĕртнĕ никĕс çинче колхозсен общественнăй хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырса, совхозсемпе МТС-сен ĕçне лайăхлатса, çĕрĕсĕн тата вылькăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн пĕтĕм продукцине тата таварлă продукцине ӳстерессипе ялхуçалăх енĕпе малашне те тĕп задача пулса юлать», тесе кăтартса пачĕ партин XIX-мĕш съезчĕ.

Çак тĕп задачăна пурнăçлас ĕçре кăçалхи çуракине ăнăçлă ирттерни паллă тапхăр пулса тăрать.

Çуракине ăнăçлă ирттересси, чылай енчен, МТС-сене вăхăтра хатĕрлесе çитерниничен килет, мĕншĕн тесен МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕн пысăк пайне хăйсен техникипе туса тăраççĕ. Анчах та республикăри нумай МТС-сенче машинăсемпе тракторсене юсас ĕç питех те çителĕксĕр пырать. Тракторсем юсас ĕç çителĕксĕр пынин тĕп сăлтавĕ вăл — рабочисен ĕçне тĕрĕс организациленмени, узловой меслетпе юсас ĕç пурнăçа çителĕксĕр кĕрсе пыни, ĕç вăйĕ улшăнса тăни пулать. МТС директорĕсемпе вĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен, пуçламăш парторганизацисен машинăсене çуракинче ĕçлеме вăхăтра хатĕрлесе çитерме механизаторсене куллен пулăшса пырас пулать. Машинăсене пурне те правительство кăтартса панă срокsенче юсаса çитермелле. Ялхуçалăх снабженипе Автотракторосбыт руководителĕсен МТС-сене запаслă пайсем тата юсавра кирлĕ материалсем вăхăтра парса тăмалла.

Машинăсемпе тухăçлăн усă курасси чи малтан механизаторсен квалификацийĕнчен килет. Анчах механизаторсен кадрĕсене хатĕрлес ĕç паянхи куна çителĕксĕр пырать-ха.

Пирĕн МТС-сем кăçал çĕнĕ техника нумай туянаççĕ. Çавăнпа та механизаторсем иртнĕ çулхисенчен нумай ытларах кирлĕ пулаççĕ. Çав вăхăтрах Канашри тата Етĕрнери механизаци шкулĕсене вĕренме илесси çителĕксĕр пырать. Кашни колхозăн хăйĕн пысăк квалификациллĕ механизаторсен кадрĕсем пулмалла. Колхозниксене механизаторсен шкулĕсенче вĕрентнисĕр пуçне, МТС-сем çумĕнчи курссенче трактористсемпе комбайнерсене вĕрентсе хатĕрлес ĕçе организацилемелле. Трактористсен, комбайнерсен, механиксен темиçе профессие вĕренмелле, çапла вара вĕсем тĕрлĕ машинăсемпе ĕçлеме пĕлмелле. Çавăн пекех прицепщиксем те çителĕклĕ хатĕрлемелле.

Трактор бригадисенче ĕçлекенсен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтересси çине тимлĕ пăхмалла. Колхозсен трактористсемпе вăхăтра расчет тумалла. Кашни трактор бригадинче лайăх йĕркеленĕ вагонсем пулмалла.

Çуракине ирттерес ĕçре трактор бригадисене горючисемпе сĕрмелли çусем çителĕклĕ тата вăхăтра парса тăни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа та халех горючисемпе сĕрмелли çусен запасĕсене туса хурас пулать.

Кашни трактор бригадинче инструментсем, инвентарь çителĕклĕ пулмалла. Пур МТС-сенче те кашни трактор бригади валли тĕплĕн шутласа тунă план тата график пулмалла. МТС-сен колхозсемпе вăхăтра договорсем тумалла, колхозсем умĕнче йышăннă обязательствăсене пурнăçлама кирлĕ ĕçсем туса ирттермелле.

Çуракине хатĕрленес ĕçре паха вăрлăх хатĕрлесе хурасси пысăк вырăн йышăнса тăрать. Партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен, колхозсен çак ыйту çине уйрăмах тимлĕн пăхас пулать, мĕншĕн тесен, кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, вăрлăх хатĕрлес ĕç ытла та вăраххăн пырать. Нумай колхозсенче ку таранччен вăрлăх хывса çитермен. Хывнă вăрлăхсен те шăтас пахалăхĕ начар. Акă мĕншĕн ĕнтĕ вăрлăх хатĕрлесси çине колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисен уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

Вăрлăх хывас ĕç уйрăмах Çĕрпӳ, Пăрачкав, Куславкка, Хĕрлĕ Чутай, Вăрмар, Тăвай тата ытти хăшпĕр районсенче начар пырать.

Республикăра авăн çапса пĕтермен колхозсем те нумай. Авăн çапас ĕçе çак кунсенче вĕçлесе çитермелле. Авăн çапса пĕтерни вăл вăрлăх хывас ĕçе те вăйлатать. Вăрлăхсене кондицие çитерес ĕçре колхозсемпе МТС-сенчи вăрлăх тасатакан машинăсемпе туллин усă курмалла. Вăрлăхсене сортласа тасатма колхозниксенчен ятарласа уйрăм ушкăнсем тумалла. Кондициллĕ мар тата сортлă мар вăрлăхсене сортлă вăрлăхсемпе улăштармалла.

Тĕрĕслесе пăхман вăрлăхсемпе акни тырпул тухăçлăхне нумай чакарма пултарать. Çавăнпа та çавнашкал вăрлăхсем акма чарас пулать. Мĕнпур вăрлăхсене çуракиччен районти вăрлăх лабораторийĕнче икĕ хутран кая мар тĕрĕслеттерсе пăхмалла.

Кăсал техникăллă культурăсем акмалли çĕр лаптăкне ӳстересси çине тата техникăллă культурăсене лайăх пăхса çитĕнтересси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Кăсал план тăрăх техникăллă культурăсем, уйрăмах — кантăр, йĕтĕн, махорка акмалли çĕр лаптăкне чылай ӳстермелле. Техникăллă культурăсем туса илес тĕлĕшпе правительство звеносем организациллеме сĕнет. Техникăллă культурăсем акса тăвакан мĕнпур колхозсенче уй-хир бригадисенче звеносем организацилемелле. Çакă вăл техникăллă культурăсем туса илес ĕçе чылай лайăхлатма пулăшать.

Общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес задачăна пурнăçласси вылькăх апачĕ туса илес ĕç юлса пынине татăклăн пĕтерме хушать.

Апат-çимĕç никĕсне хывас ĕçе халĕ, хĕл кунĕсенче, тытăнмалла. Кашни колхоза вылькăх апатне каякан культурăсем акма тĕплĕн хатĕрлесе çитермелле. Çавăнпа та кашни колхозăн нумай çул тата пĕр çул ӳсекен курăксем, тымарçимĕç, силос культурисем акма пысăк пахалăхлă вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хумалла.

Колхозсенче вылькăх апачĕ акса тăвакан бригадăсене тĕреклетни кирлĕ. Вĕсем валли ĕç вăйĕ, туртăм вăйĕ, ялхуçалăх машинисемпе ĕç хатĕрĕсем, транспорт инвентарĕ тата ыттисем те çителĕклĕ уйăрса памалла. Çакă вăл мĕнпур ĕçсене кĕске срокsенче ирттерме май парать.

Çуракине ирттерес ĕçре колхозсенче чĕрĕ туртăм вăйĕпе тĕрĕс усă курни те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Нумай колхозсенче ут тавраш ĕсене колхозниксен килĕсем тăрăх салатса пĕтернĕ. Транспорт хатĕрĕсене халех бригадăсен пухса хумалла, вĕсене юсамалла. Лашасене ездовойсем çумне çирĕплетсе памалла. Кӳлсе ĕçлемелли ялхуçалăх инвентарьне вăхăтра юсаса çитерни кирлĕ. Трактор ĕçĕсен планне тунă чухне колхозсенчи чĕрĕ туртăм вăйне шута илмелле, вĕсемпе тĕрĕс тата тухăçлă усă курма план тумалла.

1953 çулта пирĕн республикăри колхозсем умĕнче мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне пур майсемпе те ӳстерес задача тăрать. Пĕрчĕллĕ тырăсен тухăçлăхне, иртнĕ çулта туса илнипе танлаштарсан, 26 процент ӳстермелле. Правительство çавăн пекех йĕтĕн, кантăр, махорка, çĕрулми, тымарçимĕç тата курăксен тухăçлăхне те чылай ӳстерме палăртать.

Çак пысăк задачăна çĕрĕç культурине ӳстермесĕр, çĕрĕсĕнче курăк акмалли системăна пур енчен те çине тăрса пурнăçа кĕртмесĕр татса пама çук. Колхозсемпе МТС-сенчи парти организацийĕсен колхозниксемпе механизаторсене çĕрĕç культурине хăвăртрах ӳстерсе пыма, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне хăпартма май паракан агротехникăллă мероприятисене пурнăçлама мобилизацилемелле.

Курăк акмалли тĕрĕс пусă çаврăнăшĕ туни типĕ çанталăка хирĕç кĕрешмелли шанчăклă хĕçпăшал пулса тăрать. Вăл тырпул тухăçлăхне ӳстерет, колхоз çĕрĕпе тĕрĕс усă курма май парать. Çакăнпа пĕрлех курăк акмалли пусă çаврăнăшĕ артель хуçалăхне нумай енлĕ аталантарма, уй-хир ĕçĕсемпе вылькăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тĕрĕс сыхăнтарма, хуçалăхăн таварлăхне ӳстерме май парать. Çавăнпа та курăк акмалли пусă çаврăнăшне хăвăртрах туса çитересси пысăк задача пулать. Нумай çул ӳсекен курăксене йышăннă пусă çаврăнăшĕнче палăртнă таран акмалла. Нумай çул ӳсекен пăрса йышши тата пучахлă курăксене хутăш акмалла. Çакăн пек аксан кăна тăпра стурктурине лайăхлатма, пысăк тухăçлă курăк туса илме пулать.

Пусă çаврăнăшне пурнăçлама кашни колхозра курăк вăрри туса илмелли участоксем тăвас пулать, пур районсенче те люцерна акмалла, вăрлăх валли уйăрнă участоксене лайăх пăхса тăмалла. Кашни колхозăн курăк вăрлăхĕ çителĕклĕ пулмалла.

Çураки вăхăтĕнче мĕнпур ĕçсене кĕске срокра ирттересси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Çуртри акма кĕрхи сĕртме туса хăварнă пĕтĕм лаптăка ик-виçĕ хут сӳрелемелле тата культиваци тумалла.

Шăхасан, Çĕрпӳ, Октябрьски, Ишлей тата ытти хăшпĕр районсенчи нумай колхозсенче трактор бригадисем кĕрхи сĕртме тунă лаптăка акас умĕн тепĕр хут сухаласа пăрахаççĕ. Çакăн пек туни вăл тĕрĕс мар, вăл тырпул тухăçлăхне сиен кӳме кăна пултарать. Уйрăмах кĕрхи сĕртме тунă вырăнсене тепĕр хут сухалани çуркунне типĕ килнĕ çулсенче сиенлĕ пулать. Кунсăр пуçне кĕрхи сĕртме лаптăкне сухалани çураки ĕçĕсене вăраха ярать. Çакă та вара тырпул тухăçлăхне чакарать тата горючи те нумай пĕтермелле пулать. Кĕрхи сĕртме туман лаптăксене акма тытăниччен иртерех предплужниклă плугпа тарăн сухаламалла.

Кĕрхи калчасене сӳрелени тата апат пани тырпул тухăçлăхне ӳстерет. Çак ĕçсене туса ирттерме халех хатĕрленмелле.

Тăпрана тарăн сухалани мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерме пулăшать. Тăпран сухаламалли сийне 8—10 сантиметр чухлĕ тарăнлатни пирĕн условисенче тырпул тухăçлăхне 50 процент таран ӳстерме май парать. Ашăх сухалассине татăклăн пĕтермелле. Кăсал сĕртме тата кĕрхи сĕртме тунă чухне тăпран сухаламалли сийне 5—7 сантиметр чухлĕ тарăнлатмалла. Ку ĕçре ялхуçалăх специалисчĕсем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. МТС директорĕсем тăпран сухаламалли сийне тарăнлатма планă кăсал пĕр пăркаланмасăр тултарма тивĕçлĕ.

Пирĕн республика уй-хирĕсем нумай вырăнсенче сырма-çатраллă. Çавăн пек условисенче суха-сӳре ĕçĕсене тĕрĕс туса ирттерни кирлĕ. Сĕре тайлăма тăрăхла сухалани тăпран культурăллă сийне çурхи шывпа юхтарса кайма май парать тата çавăн пиркиех сĕнĕрен сырмаçатрасем пулаççĕ. Ун пек тума парас мар тесен, сĕре тайлăма тăрăхла мар, ăна урлă сухаламалла.

Вырăнти тата минераллă удобренисемпе усă курни тырпул тухăçлăхне нумай ӳстерме пулăшать. Калас пулать, чылай колхозсенче çак ĕçе кирлĕ пек хакламни çук-ха. Минераллă удобренисене сывăх кунсенчех турттарса килсе пĕтермелле, çĕнĕрен килсе тăракан удобренисене вăхăтра турттарса кăлармалла.

Минераллă удобренисемпе вырăнти удобренисене хатĕрлес ĕç çине хуçасăрла пăхни пулмалла мар. Удобренисене пухас, сыхласа усрас, вĕсемпе усă курас ĕçре çирĕп йĕрке тумалла. Халĕ, хĕл кунĕсенче, мĕнпур пек тислĕке пĕтĕмпе уя турттарса кăлармалла. Çавăн пекех, торф кăларса турттарас ĕçе организацилемелле, ытти удобренисем те, çавăн пекех кĕл ытларах хатĕрлесе хумалла. Колхозсенче гранулированнăй удобренисемпе компостсем хатĕрлес ĕçе организацилемелле. Вылькăх-чĕрлĕх фермисем çумĕнче тислĕк тата тислĕк шĕвекĕ усрамалли вырăнсем тума тытăнмалла.

Пирĕн республикăри тăпрасем чылай сĕрте пысăк йӳсеклĕ. Йӳсĕк тăпра çинче ялхуçалăх культурисем начар çитĕнеççĕ. Йӳсĕк тăпрара уйрăмах клеверпа люцерна ӳсме пултараймаççĕ. Йӳсĕк тăпрасене извĕçлес ĕçе анлă организацилемелле. Çак паха мероприяти вăл, вырăнти тата минераллă удобренисемпе усă курнипе пĕрле, мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне чылай ӳстерме май парать.

Хăйăрлă, кĕллĕ, начар çĕрсене лайăхлатас ĕçре тислĕкпе анлăн усă курни тата симĕс удобрени валли люпин акни пысăк пулăшу парать.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçре уйра юр тытни тата çурхи шыва тытса чарни пысăк вырăн йышăнса тăрать. Юр тытас ĕçре щитсемпе, çапăсемпе усă курмалла, кĕрхи тырă тата курăк акнă вырăнсем çинче юра сухаласа тытмалла.

Пирĕн колхозсенче тырра алăпа акас ĕçе халĕ те пĕтермен-ха. Пур йышши культурăсене те машинăпа кăна акмалла. Иртнĕ çул ансăр ретлĕ тата хĕреслĕ майпа тĕштырăсем пурĕ те 26 пин гектар кăна акнă. Çак меслетпе акассине вăйлатмалла. Уйрăммăн илсен, çурхи тулла çак меслетпе кăна акмалла. Колхозсенчи тата МТС-сенчи мĕнпур сеялкăсене туллин ĕçлеттермелле тăвас пулать. Кунта уйрăмах акмалли норма çине тимлĕ пăхни кирлĕ. Мĕншĕн Октябрьски, Шупашкар, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи колхозсенче çурхи тулă сайра шăтать? Мĕншĕн тесен унта нормăран сахалтарах вăрлăх акаççĕ. Çурхи тулă вăйсăр тĕмеленет. Гектар пуçне 2—2,25 центнер вăрлăх акмалла. Ытти культурăсене те нормăна чакарса ăкни пулмалла мар. Техникăллă культурăсене тата пропашной культурăсене пăхса çитĕнтерес ĕçе механизацилемелле.

Вăрлăхсене яровизацилемесĕр тата имçамламасăр акнă пирки те тырпул тухăçлăхĕ нумай чакать. 1953 çулта тĕштырă вăрлăхĕсене тата çĕрулмине пĕтĕмпех имçамланă вăрлăхсемпе акмалла. Бактериллĕ удобренисемпе ытларах усă курмалла. Вĕсене пурне те ялхуçалăх снабжени склачĕсенчен вăхăтра кӳрсе килмелле.

Колхозниксене виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенче вĕрентни паха ĕç пулса тăрать. Çак курссен ĕçĕсене тăтăшах тĕрĕслесе тăмалла. Агрозоотехника курсĕсене колхозниксене ытларах хутшăнтармалла. Занятисене вăхăтра тата йĕркеллĕ ирттермелле.

Государство планĕ тăрăх кашни колхозра производство планĕсем, расходпа приход сметисем туса хатĕрлемелле. Колхоз правленийĕсен çулталăкри производство заданийĕсене мĕнпур бригадăсене, вылькăх-чĕрлĕх фермисене çитермелле. Плансем туса хатĕрлес ĕçе пĕтĕм актива тата колхозниксен анлă массине хутшăнтармалла. Производство планĕсем тăвас ĕçре колхозсене ялхуçалăх специалисчĕсен пысăк пулăшу памалла.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕç колхозсене агрономи енĕпе пулăшу парассине татăклăн вăйлатма хушать. Пирĕн опытлă, пуçаруллă агрономсем тата, ытти специалистсем сахал мар. Анчах та хальхи вăхăтра колхозсене агрономи енĕпе пулăшу парасси пирĕн умма парти кăларса тăратнă задачăсен çӳлĕшĕнче тăмасть-ха. Ялхуçалăх органĕсен задачи вăл—специалистсемпе ĕçлессине çĕнетесси пулать. Вĕсен специалистсемпе ытларах канашламалла, тырпул тухăçлăхне ӳстерме пулăшакан агротехникăллă мероприятисене ĕçе кĕртсе пырассишĕн ответлăха ӳстермелле.

Сураки çитесси нумай юлмарĕ. Колхозсемпе МТС-сен çуракине кăтартуллăн хатĕрленес, çапла вара ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерме тата общественнăй вылькăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатма çирĕп никĕс туса хурас тесе пĕтĕм вăя хурса ĕçлемелле.

Г. МАРТЫНОВ,
Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ.



Шупашкар районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхоз тырпул тухăçлăхне, фермăсенчи вылькăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне çулленех ӳстерсе пырать. Колхозра агротехника курсĕ ĕçлет. Колхозниксемпе колхозницăсем 20 çын тăрăшса вĕренеççĕ.

Ӳкерчĕк çинче: агроном А. Ф. Кириллова (сулахайран тăваттăмĕшĕ) заняти ирттерет.

А. КОСТИН фотоӳкерчĕкĕ.

## Лайăх вăрлăх— вăйлă тырпул никĕсĕ

МУРКАШ. Государство планĕ тăрăх кăçал районти колхозсен иртнĕ çулхисенчен чылай ытларах тырпул пухса илмелле. Çакна ăнăçлă пурнăçлас тесен, чи малтан, çуракине вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленни кирлĕ. Анчах та çак ĕç çине районта халлĕхе питĕ çиелтен пăхаççĕ.

Акă, сăмахран, Хрущев ячĕпе тăракан колхоза илер. Кунта вăрлăхсене сортласа тасатма халĕ те тытăнман. Чылай культурăсен вăрлăхĕсем нӳрĕ пирки акма юрăхлă мар. Артель хĕллехи вăхăтра туса ирттермелли агротехникăллă ĕçсене пурнăçлама тытăнман. Лаша витисемпе фермăсенче тислĕк туллиех выртать, ăна уя кăлармаççĕ. Уйсенче юр тытма тытăнман. Колхоз председателĕ С. Смирнов юлташ хĕллехи агротехникăллă мероприятисен планне пĕлмест. Колхозра ялхуçалăх машинисемпе транспорт инвентарне юсама пуçăнман.

Çакăн пек фактсене ытти колхозсенче те тăтăшах тĕл пулма пулать. Районти 24 колхозран вуннăшĕнче халиччене вăрлăх фончĕсене хывса çитермен. Чылай артельсенче ясмăк, хуратул, нумай çул ӳсекен курăк вăрлăхĕсем, кантăр вăрри çитмеççĕ. Çуракине хатĕрленес ĕçе уйрăмах Калинин ячĕпе, Ульянов ячĕпе, Молотов ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан тата «Ударник» колхозсем каяхăварса пыраççĕ.

Калинин ячĕпе тăракан колхозра вăрлăх участокĕсем çинчен пухса кĕртнĕ тырра салатса янă. Анчах вăрлăх тупса хатĕрлеме васкамаççĕ.

Чылай колхозсенче вăрлăхсен пахалăхĕ начар. Лабораторинче тĕрĕслесе пăхнă тăрăх, акма уйăрнă вăрлăхран тăватă пайĕнчен виçĕ пайĕ кондицие лармасть. Апла пулин те вăрлăхсене акма хатĕрлес тĕлĕшпе мерăсем йышăнмаççĕ. Юр тытас, вырăнти удобренисем пухас, минераллă удобренисем кӳрсе килес, ялхуçалăх машинисене юсас ĕçсем те хăйсем тĕллĕн пулса пыраççĕ.

Çуракине хатĕрленес ĕçре колхозсене ялхуçалăх специалисчĕсем пысăк пулăшу пама пултараççĕ. Хальхи вăхăтра вĕсен вырăнĕ колхозсенче, уй-хир бригадисенче пулмалла, артель правленийĕсене палăртнă çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме пулăшмалла, колхозниксене ялхуçалăхĕнче малта пыракансен паха опычĕпе паллаштармалла. Анчах халлĕхе агрономсене колхозниксем хушшинче сайра хутра кăна курма пулать. Районти ялхуçалăх пайĕн главнăй агрономне Е. Ильина юлташа Хрущев ячĕпе тăракан колхозра агротехникăна вĕренмелли виçĕ çуллăх курсра ĕçлеме çирĕплетнĕ. Анчах вăл ку таранччен пĕр заняти те ирттермен. МТС-ăн аслă агрономĕ Степанов, ялхуçалăх пайĕн агрономĕсем Филипповна Марукова юлташсем те çак ĕçе тытăнман.

Çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттересси техникăна акасуха ĕçĕсене тума вăхăтра хатĕрлесе çитерниничен килет. Иртнĕ çулта юсав ĕçне начар ирттернĕ пирки çуракин малтанхи кунĕсенчех уйрăм тракторсем çĕмĕрĕлсе кайнă, чылайăшĕ япăх ĕçленĕ.

Анчах МТС руководителĕсем çакăнтан хăйсене валли тивĕçлĕ выводсем тумасçĕ-ха. Вĕсем кăçал та тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсассине начар организациленĕ. План тăрăх январь уйăхĕнче МТС-ăн 9 трактор юсамалла пулнă пулсан, 3 трактор кăна юсанă. Хальхи пек ĕçлесен, тракторсене юсаса çитерме татах çичĕ уйăх кирлĕ пулать. МТС директорĕ Лаврентьев юлташ юсав ĕçне япăх ертсе пырать, вăл хăйĕн ĕçне критикăлла хаклас вырăнне çитменлĕхсене тĕрлĕ сăлтавсемпе витме тăрăшать, партипе государство умĕнчи ответлăха сахал туять.

Çуракине хатĕрленес ĕçе татăклăнах вăйлатас пулать, колхоз ĕçченĕсен анлă массине вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешĕве активлăн хутшăнтармалла, тырпул тухăçлăхне ӳстерме колхозсен мĕнпур вăйĕпе туллин усă курмалла.

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн коллективлă корреспонденчĕ— «КОЛХОЗНИК САССИ» хаçат.

## Агрозоотехникăна вĕрентес ĕçе лайăхлатни кирлĕ

Техникăпа агрокультурăна колхоз производствинче пурнăçа тĕрĕс кĕртсе пыма нумай пĕлекен, квалификациллĕ кадрсем кирлĕ. Колхоз кадрĕсене—социализмлă сĕрĕçĕпе вылькăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мастерĕсене—виçĕ çуллăх агрозоотехника курсĕсенче вĕрентсе хатĕрлеме йышăннă. Анчах пирĕн республикăра ку ĕç чылай районсенче, уйрăмах Элĕк районĕнче питĕ юлса пырать.

Вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа Элĕк районĕнче агрозоотехника курсĕсен нумай групписенче ку таранччен те вĕренме пуçламан. Вĕренме тытăннă группăсенче те йĕркеллĕ вĕренни курăнмасть. Сăмахран, февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне районĕпе мĕн пурĕ те 100 заняти кăна пулса иртнĕ. Мĕн пирки Элĕк районĕ çакă питĕ кирлĕ ĕçре юлса пырать-ха?

Агрозоотехника курсĕсене районти ялхуçалăх пайĕ, пуринчен ытла унăн заведующийĕ Федотов юлташ ертсе пымасçĕ, колхоз кадрĕсене вĕрентес ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанаççĕ. Çакă ĕнтĕ район руководителĕсене хытă хумхантармалла. Анчах вĕсем çак пысăк ĕçри йĕркесĕрлĕхсемпе килĕшсе тăраççĕ.

Курссенче вĕрентекен уйрăм преподавательсем суя отчетсем тăратнă тĕслĕхсем те пур. Çапла, Сырова зоотехник Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз председателĕнчен Еремеев юлташран ирттермен занятисем çинчен ирттернĕ тесе калакан справка пама ыйтнă. Çакă вăл агрозоотехника курсĕсен заведующийĕ, пропаганда тĕлĕшпе ĕçлекен аслă агроном Прохорова юлташ хăйне пăхăнса тăракан преподавательсене кирлĕ чухлĕ тĕрĕслесе тăманнинчен килет.

Элĕк районĕнчи ялхуçалăх пайĕ специалистсен квалификацине хăпартас тĕлĕшпе питĕ сахăл ĕçлет, вĕсен методика пĕлĕвне ӳстерме тăрăшмасть, курссенче вĕрентекенсене пĕр-пĕрин опычĕпе паллаштарас ĕçе йĕркелемест. Çавăн пирки ĕнтĕ нумай чухне курссенче занятисем кичем иртеççĕ, 18 группăра пĕр наглядной пособи те çук.

Ялхуçалăх специалисчĕсен колхозниксене тĕрлĕрен агрономи ĕçĕсене пурнăçа кĕртме хаваслантармалла, хĕл кунĕсенче вылькăх-чĕрлĕхе тутă усрама, ăшă витесенче тăратмалла тăвассишĕн кĕрешĕве çĕклемелле. Агрозоотехника курсĕсем çавăн пекех ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисене пĕтерсе пырас тĕлĕшпе хытă пулăшмалла.

Курссенчи занятисем интереслă иртесси вĕренӳ ĕçне колхозăн практикăллă ĕçĕсемпе тачă сыхăнтарса пынинчен нумай килет. Анчах нумай сĕрте ун пек тумаççĕ. Занятисене тĕплĕ ирттерес тенĕ пулсан, Сырова зоотехникăн Максим Горький ячĕпе тăракан колхозри çитменлĕхсене пăхса тухмалла пулнă. Ку колхоз фермисенче сыснасене, сурăхсене, ĕнесене пăхас ĕçре обезличка пур, кормушкăсем çук, витесене ăшăтман, вылькăх-чĕрлĕхе начар тăрантараççĕ, сыснасене апата тӳрех урайне тăкса параççĕ. Ĕнесене пĕр ыраш улăмĕпе кăна тăрантараççĕ, ăна та пулин ним хатĕрлемесĕр, çаплипех параççĕ. Пăрусемпе путексем валли витесем çитмеççĕ. Сырова юлташăн çитменлĕхсен сăлтавĕсене палăртса, вĕсене пĕтерме фермăсенче ĕçлекенсене мобилизацилемелле пулнă. Сырова зоотехник ун пек тума мар, вĕсем çинчен занятисем ирттернĕ чухне нимĕн те шарламан. Петрикеев зоотехник та Сырова пекех тунă. Занятисем ирттернĕ чухне вăл Киров ячĕпе тăракан колхозра çавăн майлă çитменлĕхсемех пурри çинчен нимĕн те каласа кăтартман.

Хальхи вăхăтра колхозниксен вĕренĕвне хĕлле тумалли агротехникăллă ĕçсемпе тачă сыхăнтармалла. Пуринчен малтан, вăрлăхсене тасатас, вăрлăхсен пахалăхне тĕрĕслес, юр тытас, удобренисем пухас ĕçе колхозниксене анлăн хутшăнтармалла.

Колхозниксене агрозоотехникăна вĕрентес ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтермелле.

А. КУЗЬМИН.

## Колхозсене пулăшас вырăнне...

МТС директорне Перлович юлташа шыраса «Большевик» колхоз председателĕн заместителĕ Ф. Игнатьев юлташ нумай сĕре çитрĕ. Чылай йĕрлесе сӳренĕ хыççăн, ăна вăл райсовет исполкомĕн председателĕн заместителĕ С. Никитин юлташăн кабинетĕнче тупрĕ.

— Акă мĕн, Павел Павлович. Етĕрне вăрман пункчĕ пирĕн колхоза тислĕк нумай парать. Ăна эпир колхоз хирне трактор вăйĕпе кăларасшăн. Пирĕн шухăша сирĕн трактористсем те хапăл турĕç. Тракторĕ те пирĕн колхоз гаражĕнче ларать. Сирĕнпе калаçса татăласси çеç юлчĕ.

— Пулмасть капла тăвасси,—терĕ директор.

Колхозран пынă представитель ӳкĕтлесе пăхрĕ директор çине. Колхоз пуçарнă ĕç усă кӳни çинчен каласа пачĕ вăл.

Колхозăн хăшпĕр уйĕсем ялтан инçетре. Çав уйсене тислĕк кăларас пулсан, пысăк сырмасем урлă турттармалла, туртăм вăйĕ нумай кирлĕ. Çакна май ку уйсене темиçе çул хушши ĕнтĕ тислĕк кăларман. Тырпул тухăçлăхĕ çулсеренех чакса пырать. Çак уйсемех вăрман пункчĕнчен пĕтĕмпе те виçĕ-тăватă километрта кăна. Тракторпа унта вуншар тонна тислĕк кăларма пулать. Тислĕке тракторпа турттарма ятарласа тунă çуна та пур. Çак майсем çинчен А. Абрамов тракторист та директорпа телефонпа калаçса пăхрĕ. Трактористсем хăйсем ĕçлекен колхозăн тырпул тухăçлăхне хăпартассишĕн тăрăшаççĕ. Анчах усăсăр. Директор никам ӳкĕтленине те хăлхана кĕртмест.

Райсовет исполкомĕн председателĕн заместителĕ С. Никитин юлташ çак калаçăва илтмен пекех ларчĕ. Директор колхозсене çуракине хатĕрленме пулăшас ĕçрен пăрăннине вăл тӳрлетмерĕ.

Çав вăхăтрах МТС-ăн «Большевик» колхоз гаражĕнчи тракторĕ ĕçсĕр ларать, е унпа колхоз производствипе сыхăнман ĕçсене тăваççĕ. Пĕррехинче Етĕрнене, 22 километра кайса, Ядрино ялповĕн вăрман пунктĕнчи магазинĕ валли тавар турттарса килчĕç. Ун пекки час-часах пулать. Кунтан та ытларах, МТС-ăн тракторĕ уйрăм сынсен ĕçне те тукалать. Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем МТС валли вутă хатĕрлесе панă. Çакăншăн Перлович вĕсене тракторпа вăрмантан вутă турттарса панă.

«Большевик» колхоз МТС-а шанса лармасть. Колхозăн ĕçченĕсем лашасемпех вăрман пунктĕнчен чылай тислĕк турттарчĕç. Анчах, МТС ытти тĕрлĕ ĕçсене тăвиччен колхоза тислĕк турттарма пулăшнă пулсан, мĕн тери ырă ĕç пулнă пулĕччĕ.

Иртнĕ çул та МТС колхозсене çителĕклĕ пулăшу параймарĕ. МТС договора пурнăçлассине кĕтсе колхозсем халĕ те авăн çапса пĕтерейменççĕ. Çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе МТС колхозсене халлĕхе нимĕнле пулăшу та памасть.

П. Перлович юлташ халĕ КПСС райкомĕн секретарĕ пулса ĕçлет. Анчах колхозсене çуракине хатĕрленес ĕçре МТС енчен ĕçлĕ пулăшу пама кирлине П. Перлович юлташăн халĕ те манмалла мар.

Н. ЦВЕТКОВ.

## Агроном доклачĕ

ПЕРВОМАЙСКИ. Çак кунсенче районти ялхуçалăх пайĕнче агроном-пропагандист пулса ĕçлекен И. А. Антонов юлташ «Красный флот» колхозра «Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕ» темă тăрăх доклад туса пачĕ. Унта 200 çын ытла пулчĕç.

В. АНТОНОВ.

# Америка „пулăшăвĕ" Италие мĕн патне илсе çитерни

Нумаях пулмасть Францири «Трибюн де насьон» хаçат корреспонденчĕ П. Леми çапла çырнă: «Эсир Вăтаçĕр тинĕс хĕрринче, Вентимиль хули тĕлĕнче, Франципе Итали хушшинчи чикĕ урлă каçсанах, сире ялсемпе хуласен мĕскĕн сăнĕ çав тери тĕлĕнтерсе ярĕ... Кăнтăралла кайнăçемĕн ялсем татах та чухăнтарах, ку вăл, уйрăмах Калабрире, чухăнлăх кăна мар, чăн-чăн кĕлмĕçлĕх пулса тăрать».

Çак йĕркесене Америка «пулăшăвне» пула хăйсен ĕçне чакарнă предприятисенчен кăларса пăрахнă Парижри машиностроительсем тата Лионри пир-авăр тĕртекенсем мĕнле вырăнхине, хăйсен прависемшĕн пĕр хут çеç мар паттăр кĕрешĕве çĕкленнĕ Норманлири шахтерсем мĕнле хăрушă условисенче ĕçленине курнă çын çырнă,— анчах Италири чухăнлăх ăна та тĕлĕнтерсе янă.

Чăнах та: океан леш енчи монополисем «ырă тăвакан» Хĕвеланăç Европăра Италири пек хăратса ӳкерекен чухăнлăха сахал çĕршывсенче курма пулать.

Италире пачах ĕççĕр тăрса юлнисем икĕ миллион çын, эрнере 2—3 кун çеç ĕçлекен, çавна пула питех те сахал ĕç укçи илекенсем унтан та ытларах. Кун çумне тата çĕрсĕр пурăнакан икĕ миллион ытла батрака хушмалла, вĕсенчен ытларах пайĕ çулталăкра темиçе уйăх кăна ĕçлет. Нумаях пулмасть пĕтĕм Италири ĕç конфедерацийĕн генеральнăй секретарĕ Ди Витторио конфедераци съезĕнче тунă докладра çакăн çинчен пĕлтернĕ: ĕçлеме пултаракан кашни 100 çын пуçне ĕççĕррисем Çурçĕр Италире—18 çын, Кăнтăр Италире—29 çын шутланаççĕ. Ĕççĕр тăрса юлнă пилĕк çынран иккĕшне çеç питĕ пĕчĕк пособи панине асра илсен, çак цифрăсем мĕне пĕлтерни çинчен ăнлантарса пама кирлĕ те мар.

Анчах ĕçлекеннисем те хире-хирĕç çитерсе пыраймаççĕ. 1938 çултанпа Италири ĕççыннисен пурнăç шайĕ икĕ хута яхăн чакнă.

Италири ялсенче пурнăç питĕ начарланса çитнĕ. «Трибюн де насьон» хаçатри çав асăннă статьяра çаксене илсе кăтартнă: хресченсен 53 процентне акăнакан пĕтĕм çĕрĕн тăватă процентне çеç тытса тăрать, вĕсенчен нумайăшĕн çĕр участокĕ çур гектартан та каярах. Çав вăхăтрах çĕр хуçисен 0,5 проценчĕ акăнакан çĕрĕн 25 процентне тытса тăрать. Италире ялсем мĕншĕн çав тери юхăннине çакăнтан лайăх ăнланса илме пулать ĕнтĕ.

Италири ĕççыннисен пурнăçĕ пĕрмаях начарланса пынине çак фактсем аван çирĕплетсе кăтартаççĕ: 1950 çултан пуçласа çĕршывра çынсем апш-какай илесси—13 процент, консерв тунă апш-какай илесси—42 процент, макарон илесси—39 процент чакнă. Кунта сăмах 1951 çулта та кĕлмĕçле пулнă рацион малалла чакни çинчен пырать. 1952 çулта Кăнтăр Италире вăтам шутпа кашни çын çулталăкра 7,9 килограмм—пĕр уйăхра 650 грама яхăн апш-какай илнĕ. Италири пĕр журналист статистиксен вăтам цифрисем пирки çапла ăнлантарса панă: «Эпĕ пĕр чăх çисе ятăм, эсĕ нимĕн те çиеймерĕн пулсан, статистика тăрăх вара эпир иксĕмĕр те çуршар чăх çинĕ пулса тухать». Тупсăмĕ шăпах çакăнта пулать те ĕнтĕ: пусмăрçăсен 10—15 проценчĕ кӳпĕнсе пурăнать пулсан, халăхăн çурри выçă пурăнать, ĕççĕррисен, батраксен, çĕр питĕ сахал тытакан хресченсен миллионшар ачисем çулталăкĕ-çулталăкĕпе апш-какай, сĕт-çу çисе кураймаççĕ.

Италири ĕççыннисен анлă массисем çав тери юхăнса кайни, çĕнĕрен миллионшар çынсем чухăнланса пыни мĕнрен килет-ха?

Хальхи Италири буржуалла пуçлăхсем çак ыйту çине ăнланса илмелле мар мăкăртатса ответлеççĕ: «чĕртавар çитмест», «сутмашкăн рыноксем çук, çавна пула хысна парăмĕсем ӳсе пыраççĕ» тата ытти çавăн пек сăмахсем палкаççĕ. Анчах та çакă вăл ыйту çине ответ пани пулмасть. Сутмашкăн рыноксем пулманни те, хысна парăмĕсем питĕ ӳсе кайни те, чĕртавар çитменни те ĕççыннисем юхăнса кайнин сăлтавĕ мар. Сăлтавĕ кунта пачах урăххинче.

Сталин юлташ партин XIX-мĕш съезĕнче тухса каланă хăйĕн историллĕ сăмахĕнче çапла каларĕ: «Ĕлĕк буржуази наци пуçлăхĕ тесе шутланнă, вăл, наци прависемпе никама пăхăнманлăхне «нимĕнрен те пысăка» хурса, вĕсене хӳтĕленĕ. Халĕ вара «нациллĕ принципран» йĕрĕ те юлман. Халĕ наци прависемпе никама пăхăнманлăхне буржуази долларла сутать».

Сталин юлташăн çак сăмахĕсем Италире пуç пулса тăракан ушкăнсен политикине тĕрĕс ăнланса илме май параççĕ.

Паллă ĕнтĕ, Италие никам та вăрçăпа хăратмасть, апла пулин те унта хĕçпăшалсем туса кăларассине васкасах ӳстереççĕ, мирлĕ договора пăсса, çĕнĕрен çар тăваççĕ. Мĕншĕн çапла пулса пырать-ха? Мĕншĕн тесен Итали буржуазийĕ, демократи лагерьне хирĕç суккăррăн хаярланса кайса, наци интересĕсене хирĕç пырса, çав интересене долларла сутса, çĕршыва Уолл-стритăн вăрçă урапи çумне кăкарса янă. Италири пуç пулса тăракан ушкăнсем, наци интересĕсене хирĕç пырса, çĕршыва агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика блокне кĕртнĕ тата Америка монополийĕсен ирĕкне пăхăнтарнă.

Çав вăхăтрах Италири буржуалла пуçлăхсем Америка «пулăшни» çинчен икĕпитленсе калаçаççĕ. Малтан çав «пулăшăва» Маршалл планĕ тăрăх парса пынă, халĕ «пĕр-пĕрин хăрушсăрлăхне туса хумалли программа» тăрăх парса тăраççĕ имĕш. Анчах та Маршалл планĕ тăрăх «пулăшни» Италие питех те хакла ларнă. Çав «пулăшушăн» вăл наци никама пăхăнманлăхне сутнă, Итали экономикинче Америкă монополийĕсем хуçаланасси вăйланнă. Халĕ çав монополисем Итали экономикине ытларах та ытларах хăйсене пăхăнтараççĕ, ăна вăйлă юхăнтараççĕ.

Америка Маршалл планĕ тăрăх «пулăшнине» пула Италире 1948 çулта—864 предприяти, 1949 çулта—1.208, 1950 çулта—1.783, 1951 çулта—2.725 предприяти тата 1952 çулта январь уйăхĕнче кăна 631 предприяти хупăннă. Океан леш енчи монополисем «пулăшнине» пула Итали промышленноçĕн машинăсем туса кăларакан тата пир-авăр тĕртекен питĕ пысăк отраслĕсем йывăр кризис тӳсеççĕ. 1952 çулăн пĕрремĕш çур çулĕнче, 1951 çулхи çав вăхăтпа танлаштарсан, пир-авăр тĕртсе кăларасси—21 процент, автомобильсем туса кăларасси—14 процент, искусственнăй сӳс туса кăларасси 32 процент чакнă.

«Пĕр-пĕрин хăрушсăрлăхне туса хумалли» программа тăрăх «пулăшни» çинчен çапла каламалла. Америкăн «пĕр-пĕрин хăрушсăрлăхне туса хумалли» текен управленийĕн Италири миссийĕ 1952 çулхи сентябрĕн 13-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ. США-па Итали правительствисем хушшинче Америка пулăшăвĕн 1952—1953 финанс çулĕнчи фончĕ шучĕпе Италие пулăшăвăн пĕрремĕш пайне парасси çинчен калаçусем пыраççĕ. Çав пĕлтерӳре каланă тăрăх, пулăшăвăн «пĕрремĕш пайĕ» 40 миллион доллар пулмалла. Çакă вара Итали вăрçа хатĕрленме кăларакан расходсенчен вунпилĕк хут сахалтарах. Италие никам та вăрçăпа хăратмасть, çавăнпа та унăн дивизийĕсем ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç агрессиллĕ çĕнĕ вăрçа хатĕрленекен Америка империализмĕ валли кăна кирлĕ.

Анчах та ĕç унта çеç мар. Паллă ĕнтĕ, Италире сăрт-ту промышленноçĕ начар аталаннă. Çавăнпа та Итали ытти çĕршывсенчен нефть, тимĕр тăпри, тĕслĕ металсем, çавăн пекех тата çĕр мамăкĕ, йывăç, тулă кӳрсе килмесĕр пурăнаймасть. Итали экономики пĕр енлĕ çеç аталаннă пирки вăл тулашри суту-илӳсĕр пурăнма пултараймасть. Анчах та урăх çĕртен кӳрсе килекен таварсемшĕн вара ытти çĕршывсене таварсем сутса тупнă укçа-тенкĕпе тӳлесе татас пулать. Итали кунта та питĕ пысăк йывăрлăха кĕрсе ӳкнĕ. Вăл ытти çĕршывсене хатĕр япаласем (машинăсем, пир-авăр т. ыт. те) тата иккĕмĕш вырăнта тăракан апат-çимĕç продукчĕсем (улма-çырла, эрех, сырсем т. ыт. те) сутать. Вĕсене сутма вара питĕ йывăрланнă. Пĕрремĕшĕнчен, Америка монополийĕсем ют çĕршывсенчи тĕп рыноксенчен Итали таварĕсене ытларах та ытларах хĕссе кăлараççĕ. Тĕнчери пĕрлĕхлĕ рынок икĕ пая: демократи лагерĕнчи çĕршывсен рынокне тата империализм лагерĕн рынокне пайланнă май, иккĕмĕш рынокра конкурентла кĕрешӳ питĕ вăйлă пырать, унта вăйлисем (пуринчен малтан Америка) вăйсăр çĕршывсене (вĕсен шутне Итали те кĕрет) хавшатса пыраççĕ. Иккĕмĕшĕнчен, США, Англи, Франци тата ытти çĕршывсем урăх çĕршывсен таварĕсенчен пысăк налог илеççĕ. Италие çакă та уйрăмах пысăк йывăрлăх кӳрет: Америка империалисчĕсем хушнипе Итали правительстви ССР Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе хăйĕн экономикишĕн усăллă суту-илӳ тăвассине чăрмантарать.

Çаксене пула ĕнтĕ тулашри суту-илӳ ĕçĕнче тăкаксем тупăшсенчен ытларах пулни çултан-çул ӳссе пырать. Италири тĕп статистика институчĕ пĕлтернĕ тăрăх, 1952 çулхи 10 уйăх хушшинче суту-илӳри тăкаксем тупăшсенчен 497,4 миллиард лир ытларах пулнă. Çавăнпа пĕр вăхăтрах ытти çĕршывсене таварсем сутасси, 1951 çулхи çав вăхăтпах танлаштарсан, 16 процента яхăн чакнă.

Итали экономикине США-па суту-илӳ туни уйрăмах юхăнтарать. 1951 çулта Итали США-па Канадăна, вĕсенчен тавар сутăн илнине танлаштарсан, 328 миллион доллар чухлĕ сахалтарах тавар сутнă. Америка коммерсанчĕсем Италие хăйсен тахçантанпа выртнă таварĕсене кӳрсе тултарнă. Италие апельсинсем те океан леш енчен кӳрсе килеççĕ, çав вăхăтрах Сицилири сад пахчи тытакансен улми-çырлисем, вĕсене урăх çĕршывсене сутайман пирки, çĕрсе выртаççĕ.

«Васкасах хĕçпăшал туса кăларни Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен сателличĕсем пулса тăнă çĕршывсен хуçалăхне уйрăмах пысăк сиен кӳрет,—терĕ Г. М. Маленков юлташ КПСС XIX-мĕш съезĕнче. — Корейăра вăрçă пуçласа, США Хĕвеланăç Европăри государствăсене ытларах хĕсме тытăнчĕ, вĕсене промышленноçа ытларах та ытларах вăрçă çулĕ çине тăратма, вăрçа хатĕрленме виçесĕр нумай укçа-тенкĕ уйăрса пама хистет, çав çĕршывсенчи производствăн гражданла отраслисене кирлĕ чĕртаварсăр тата материалсăр тăратса хăварать. Америка империализмĕ хăйне капитализмлă çĕршывсен экономикине «юсаканĕ» тенипе витĕнсе тăма халĕ пĕтĕмпех пăрахрĕ. Америка «пулăшăвне» халĕ хĕçпăшалланма, çĕнĕ вăрçа хатĕрленме кăна параççĕ. Англи, Франци, Итали, Хĕвеланăç Германи, Бельги, Норвеги тата ытти капитализмлă çĕршывсен пуçлăхĕсем Америкăри монополисем хушнă тăрăх васкасах вăрçа хатĕрленни çав çĕршывсен экономикине аркатать, вĕсене катастрофа патне илсе пырать».

Шăпах çакă пулса пырать те, ĕнтĕ халĕ Италире.

Çĕршыври демократиллĕ ушкăнсем çак йывăр лару-тăруран тухмалли пĕртен-пĕр çула кăтартса параççĕ. Вĕсем Уолл-стритăн вăрçă урапинчен уйрăлма наци интересĕсене хӳтĕлеме тăрăшаççĕ. Çакна тума, теççĕ вĕсем, агрессиллĕ Атлантика блокĕнчен тухмалла, Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе экономикăллă çыхăну тытассине анлăлатмалла, çĕршывра çĕр реформи иртермелле. Анчах клерикалсен, христианла демократсен партийĕнчен тăракан буржуаллă пуçлăхсем, сылтăм социалистсем — Америка империализмĕн çав ирсĕр тарçисем пулăшнипе, Итали наци интересĕсене сутса, ăна Вашингтонран кăтартса панă çулпа илсе пыраççĕ.

Предприятисем çителĕксĕр ĕçлеççĕ, производство чакса пырать тата массăсен чухăнлăхĕ ӳсет пулин те, Италири монополисем пысăк услам илеççĕ. 1951 çулта вĕсен промышленноçри тупăшĕ 1948 çултинчен 50 процента яхăн ытларах пулнă. Пĕр Монтекатини концернĕ кăна 1951 çулта 6,7 миллиард лир — акционерсен капиталĕн 14 проценчĕ чухлĕ услам илнĕ.

Италири халăх массисене пур майсемпе те çаратаççĕ. Çĕршыври налогсен системи халăха хирĕçле пулнине тăрă шыв çине кăларса, «Унита» хаçат нумаях пулмасть çапла çырнă: 1947 çулта хысна илекен тупăшсенче тӳрех илекен налогсем 30 процент, тӳрех мар илекен налогсем 70 процент пулнă пулсан, 1952 çулта тӳрех мар илекен налогсем 85 процента çитнĕ, тупăшран илекен налогсем вара 15 процент çеç пулнă. Кунсăр пуçне, государство органĕсем тӳрремĕнех ирĕк панипе, монополисем хăйсен тупăшĕсене налог хурасран пытараççĕ.

Италири хальхи лару-тăрăва хакласа, Италири компарти çулпуçĕ Пальмиро Тольятти çапла каланă: «...Пĕтĕм Хĕвеланăç Европăра Итали класлă хире-хирĕçлĕхсем уйрăмах тарăн çивĕчленнĕ çĕршыв пулса тăрать, кунта, пĕр енчен, чарусăр та намăссăр пуянлăх пур, тепĕр енчен, — ĕççыннисем питĕ пысăк чухăнлăхра пурăнаççĕ».

Çĕршыври рабочи класс, батраксем, хресченсен анлă массисем тата ĕçлĕ интеллигенци, Италири кĕрешӳсенче пиçĕхнĕ компарти тавра пĕтĕçсе, де Гаспери тытса пыракан наципе хирĕçле политикăна, агрессиллĕ вăрçа хатĕрленмелли, ĕççыннисене çаратмалли, Америкăна пăхăнмалли политикăна татăклăнах хирĕç тăраççĕ. Италири халăх массисем Совет Союзне питĕ юратаççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ Тольятти юлташ: Итали халăхĕ нихçан та Совет Союзне хирĕç вăрçă вăрçас çук, тесе каларĕ.

Италири пролетариат хăюллă пулни тата кĕрешме хатĕр тăни çĕршывра хăватлă забастовкăсем пулса иртнинчен лайăх курăнчĕ. Сăмахран, 1952 çулхи февраль уйăхĕнче Флоренцири 200 пин рабочи, пир-авăр тĕртекен тата хими промышленноçĕнчи 100 пине яхăн рабочи забастовка тунă; март уйăхĕнче Çурçĕр Италире 250 пин металлист забастовка тунă т. ыт. те. Çулла чугун çул çинче ĕçлекенсем питĕ хăватлă забастовка иртернĕ, çавăнпа пĕрлех батраксем забастовка иртернĕ, унта икĕ миллион çын хутшăннă, помещиксен вара батраксен чылай сĕнĕвĕсене ирĕксĕрех йышăнма тивнĕ. Итали халăхĕ Риджуэй генерал-чума Рима пынине мĕнле кĕтсе илнине пĕтĕм тĕнче курчĕ. Правительство полицин пысăк вăйĕсене мобилизациленĕ тата çĕршывра чăннипе осада вăхăтĕнчи пек йĕрке туса хунă пулин те, пĕтĕм Италире забастовкăсен, митингсен, пухусен хăватлă хумĕ сарăлса кайнă. Кăçалхи январьте чугун çул çинче ĕçлекенсен пĕр талăка пынă хăватлă забастовки пулса иртнĕ.

Çĕршывра миршĕн, демократишĕн, вăрçа тата фашизма хирĕç кĕрешекенсен фрончĕ ӳссе тата сарăлса пырать. Коммунистсен партийĕ çав фронтăн ялавне çĕклесе пыраканĕ пулса тăрать.

**И. ГОРИН.**



Венгри Халăх Республикинче тырпул акмалли çĕр лаптăкĕ тата тырпул тухăçлăхĕ ӳссех пырать. Тырă хума çĕнĕ элеваторсемпе хранилищесем тăваççĕ.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Мезекевеждери тырă хумалли çĕнĕ хранилище.
(ТАСС фотохроники).

## *Румынипе Албани хушшинче культурăллă çыхăну тĕлĕшпе тунă килĕшӳ*

ТИРАНА, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Тиранăра Албани Халăх Республикипе Румыни Халăх Республики хушшинче культура, искусство тата наука енĕпе тытакан çыхăнăва вăйлатасси çинчен конвенци туса алă пуснă. Çак конвенци икĕ çĕршывăн правительствисемпе халăхсем хăйсем хушшинчи çыхăнăва тĕреклетме тăрăшнине кăтартать.

## Коперник çуралнăранпа 480 çул тултарни

ВАРШАВА, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Польша общественноçĕ Польшăн аслă астрономĕ Николай Коперник çуралнăранпа 480 çул çитнине палăртнă. Коперник тунă наукăллă ĕçсен революциллĕ пĕлтерĕшне палăртса, Польша хаçачĕсем çак открытисене хирĕç мĕнпур ирсĕр вăйсем, чи малтан, Ватиканри мракобессем тăнине палăртаççĕ.

«Глос працы» хаçат çапла çырать: паян та тĕнчере прогреса тытса чарма, çĕнни патне пырассине чăрмантарма, этемĕн ирĕклĕ пурнăçне чуралантарма пăхакан реакциллĕ тĕттĕм вăйсем пур-ха. Çак реакциллĕ вăйсен представителĕсем, чи малтан, этемлĕхе курайман Америка империализмĕ тата унăн шанчăклă союзникĕ Ватикан пулса тăраççĕ.

Анчах паян прогресс вăйĕсем хăватлăрах, вĕсем хăйсен çулĕ çинче тĕл пулакан чăрмавсене ăнăçлăн пĕтерсе пыраççĕ.

Хальхи вăхăтра, тесе кăтартса парать «Трибуна люду» хаçат, Коперник ĕçне Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи ученăйсем тата ытти çĕршывсенчи прогрессивлă ученăйсем малалла илсе пыраççĕ.

## Америка Норвегире шпионла ĕçсем тăвать

ОСЛО, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Швеци хаçачĕсенче Финляндире социал-демократсен партийĕн правленийĕн информаци пайĕ ячĕпе витĕнсе тăракан шпионла организаци ĕçĕсем çинчен çырса кăларнă. Унăн представителĕсем Совет Союзĕн чикки çывăхĕнче çĕр участокĕсем илеççĕ, унта вара Америка разведкин агенчĕсене пурăнма куçараççĕ.

Хальхи вăхăтра çавăн пекех Çурçĕр Норвегире те вĕсем çĕр участокĕсем илеççĕ. «Арбейдер бладет» хаçат корреспонденчĕ Будерен нумаях пулмасть Çурçĕр Норвегие Осloран пырса çитнĕ «кĕнеке сарас тĕлĕшпе ĕçлекен Эрик Реймерт хушаматлă агент» темĕнле тĕлĕнмелле ĕçсем туни çинчен пĕлтернĕ. Реймерт никамшăн та паллă мар «консервитра систем» ятлă общество ячĕпе ĕçлесе тăрать тата çĕр участокĕсем илме агентсем пухать. Корреспондент пĕлтернĕ тăрăх, Реймерт хăй те çитсе çывăх вăхăтрах унăн пысăк укçа илсе тăракан агентсем 120 çынтан кая мар пулмалли çинчен пытармасть. Вĕсем илекен участоксене çав общество Çурçĕр Норвегире çуртсемпе коттеджсем тума килĕшекен американецсен аллине парать.

Çакă никама паллă мар обществăн ĕçĕсемпе Буде хулинче тухса тăракан «Нурландс фрамтид» хаçат интересленсе пăхнă. Анчах ăна Реймерт общество ĕçĕсем çинчен хаçатсенче çырма юрамасть, унăн ĕçĕсем çинчен тивĕçлĕ министерствăсем пĕлеççĕ тесе асăрхаттарнă.

Халĕ Норвеги хаçачĕсем çакă тĕлĕнмелле «обществăн» ăнланма йывăр «ĕçĕсем» пирки нимĕн те çырмаççĕ.

## „Çурçĕр совечĕ" ячĕпе витĕнсе

### Америкăн Швеципе Финляндие агрессиллĕ Атлантика блокне хутшăнтармалли планĕ

КОПЕНГАГЕН, февралĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Хальхи вăхăтра Копенгагенра «Çурçĕр совечĕ» текенскерĕн пĕррремĕш сессийĕ пулса иртет. Çакă, «парламентлă туслăх» органĕ тенĕскерĕн ларăвне Норвеги, Швеци, Дани, Исланди парламенчĕсен членĕсем çавăн пекех тата çак çĕршывсен премьер-министрĕсем ертсе пыракан правительство делегацийĕсем хутшăнаççĕ.

«Çурçĕр совечĕн» тĕллевĕсем çинчен пĕлтернĕ тăрăх, сессин кун йĕркинче çар ыйтăвĕсем официальнăй йĕркепе тăмаççĕ. Анчах, та хăшпĕр хаçатсем çырнă тăрăх, «Çурçĕр советне» шăпах та ĕнтĕ çав ыйтусене сӳтсе явма тунă.

«Çурçĕр совечĕ» тумалли план Дани, Норвеги тата Исланди агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика союзне кĕнĕ хыççăнах çуралса тухнă. Ун чухне «Çурçĕр совечĕ» Швецисĕр пуçне Финлянди те кĕрет тесе шутланă. Дани представителĕсем, уйрăммăн илсен, премьер-министр пулнă Хедтофт активлă хатĕрленнĕ хыççăн иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнче Копенгагенра Дани, Швеци, Норвеги тата Исланди парламенчĕсен представителĕсен конференцийĕ пулса иртнĕ. Конференцире çавăн пекех Финлянди сеймĕн депутачĕ Леннарт Хельяс пулнă. Хаçатсенче ун чухнех «Çурçĕр советне» Швеципе Финляндие «Атлантика пĕрлешĕвне» кĕртес шутпа тăваççĕ, тесе кăтартса панă. Шăпах та çакна май ĕнтĕ Финлянди делегачĕ çакнашкал «пĕрлешӳ» çине Финлянди мĕнле пăхни çинчен каласа, вăл çĕршывăн тулашри политикипе килĕшмест, тесе пĕлтернĕ.

Хельяс Копенгагенран таврăнсан Финляндире тухакан «Мааканса» хаçата: «Çурçĕр совечĕ» Финляндие вăл тытса пыракан тулашри политикăна хирĕç тăракан обязательство йышăнтарма пултарĕччĕ, тесе пĕлтернĕ.

«Çурçĕр совечĕ» ячĕпе пуçарнă ĕçе США пĕтĕмпех ырлать. Нумаях пулмасть «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат «Çурçĕр совечĕн» сессийĕ çинчен статья çырнă. Унта çапла каланă: сесси Хĕвеланăç Европăна политика енĕпе «пĕрлештермелли» çул çинче тепĕр утăм туни пулать, тенĕ. «Нью-Йорк таймс» хаçат та çавна майлах çырать, «Çурçĕр советне» туса хуни «Европăри çĕнĕ туслăхăн пуçламăшĕ» пулса тăрать, тесе шутлать.

Çак кунсенче «Информашон» хаçат Данипе Швеци хушшинче çар ыйтăвĕсем енĕпе килĕштерсе ĕçлесси вăйланса пырать тесе пĕлтернĕ. Çав вăхăтрах хаçат: «Çурçĕр совечĕн» пĕррремĕш сессине пухас умĕн официальнăй кун йĕркинче тăман пысăк ыйтусем тăрăх калаçусем иртерме палăртнă, тесе çырать. Çак шухăша Швеци правительствин официозĕ «Моргон-тиднинген» хаçат та çирĕплетет. «Çурçĕр совечĕн» сессийĕ çинчен çырнă умстатьяра хаçат çапла çырать: «Оборона ыйтăвĕсем çине мĕнле пăхас пирки сӳтсе явма интерес пуррине йышăнмасăр тăма çук». «Çурçĕр совечĕн» çакăн пек тĕллевĕсем çинчен çак совет президиумĕн председателĕ пулма суйланă Ханс Хедтофт та каланă. Ытарлă сăмахсем каласа, вăл Америка хаçачĕсем тата Данипе Швеци хаçачĕсем çырнисене çирĕплетнĕ. «Эпир пурăнакан тĕнчере,— тенĕ Хедтофт,—хăрушлăхсемпе йывăрлăхсем ытла та нумай, çавăнпа та пĕчĕк çĕршывсем пĕрлешни кирлĕ. Эпир нихçан та Скандинави ĕçĕсене Европа ĕçне хирĕç, Скандинави ĕçĕсене пĕтĕм тĕнчери ĕçе хирĕç тăратман. Пачах урăхла, манăн шутăмпа, Скандинави çĕршывĕсем хушшинче тӳрĕ туслăх туса хунипе эпир пысăкрах пĕрлешӳсене тата лайăхрах пулăшма пултаратпăр».

Çакна май кунта «Çурçĕр совечĕн» сессийĕ ячĕпе Финлянди сеймĕн председателĕ—сылтăм социал-демократин лидерĕсенчен пĕри Фагерхольм янă телеграмма пирки интересленеççĕ. Хăйĕн телеграмминче вăл сейм ячĕпе «Çурçĕр советне» çитĕнӳсем тума ырă сунать, сесси ларăвĕсене Финлянди хутшăнма пултарайманнишĕн кулянни çинчен пĕлтерет. Ку телеграмма пирки тата çакна палăртаççĕ. Хельсинкирен пĕлтернĕ тăрăх, сеймăн иккĕмĕш вице-председателĕ, халăх демокрачĕ Куяла çапла каланă: çакăн пек телеграмма яма сеймăн решени пулман.

Фагерхольм телеграмми пирки «Тюэкансан саномат» хаçат çакна паллă тăвать: Фагерхольм «Çурçĕр советне»—Атлантика союзĕн хӳрешкине телеграмма янă. Çапла майпа вăл тата хăй ертсе пыракан социал-демократсен партийĕ Финляндие «Çурçĕр совечĕ» урлă агрессиллĕ Атлантика блокне кĕртесшĕн пулнине кăтартса панĕ.

## Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен профсоюз конференцийĕн Нью-Йоркри комитечĕн заявленийĕ

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаçат мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен профсоюз конференцийĕн Нью-Йоркри комитечĕн заявленине пичетлесе кăларнă. Унта Корейăри вăрçа хутшăнма килĕшменшĕн суд тунă Пуэрто-Рика салтакĕсене 94 çынна ирĕке кăларма Эйзенхауэр умне требовани лартнă.

Çакă тискер приговор, тенĕ заявленире, азиатсене хирĕç кĕрешес ĕçре азиатсемпе усă курмалли расистла политикăпа, Корейăри хирĕçӳсене вăрçа чарса лартнипе йĕркелеме килĕшменнипе, вăрçа Азири ытти халăхсем хушшине сарма тăрăшнипе çыхăнса тăрать.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç малтан йышăннă вырăнсенчех оборонăра тăрса çапăçнă.

Енер каçхине Америка авиацийĕ çĕршывăн тылри районĕсем çине çĕнĕрен тапăннă. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисем тата аманнисем нумай. Нумай çуртсем çунса кайнă.

Халăх çарĕн зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтакĕсем паян тăшманăн 5 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Америка вăрă-хурахĕсен тискерлĕхĕ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Америкăн сывлăшри вăрă-хурахĕсем Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине çаплах тискеррĕн тапăнаççĕ. Паян тата иртнĕ каç çĕрĕпе Америка самолечĕсем Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи районсем çине — ялсем, çуртсем çине, хресченсем ĕçлекен уй-хирсем çине тискеррĕн бомбăсем пăрахнă. Сывлăшран тапăнас ĕçе реактивлă истребительсемпе бомбардировщиксем хутшăннă. Пхеньян хули таврашĕнче виççĕмĕш кун ĕнтĕ американецсем пăрахса хăварнă бомбăсем çурăлаççĕ.

Çакнашкал тискер ĕçсене пула мирлĕ халăх хушшинче вилнисем тата аманнисем нумай, хресченсен çурчĕсемпе землянкисене нумайăшне çунтарса тата ишĕлтерсе пĕтернĕ.

## Американецсем Корейăра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă кураççĕ

ПХЕНЬЯН, февралĕн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри Центральнăй телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Америка агрессорĕсем мирлĕ хуласемпе ялсем çине бомбăсем пăрахас ĕçе вăйлатаççĕ. Вĕсем Çурçĕр Корея районĕсенче бактериллĕ хурт-кăпшанкăсем сараççĕ.

Корейăри Центральнăй телеграф агентстви Хамхынран пĕлтернĕ тăрăх, февралĕн 1-мĕшĕнче каçхине Америка самолечĕсем Хамген провинцийĕнчи Синхан уездĕнчи Вонхамхыри ялĕ патĕнче бактериллĕ хурт-кăпшанкăсем нумай пăрахса хăварнă. Юр çуса лартнă вырăнта 50 тăваткал метр лаптăк çĕр çинче ерешменсем, пăрçасем, шăнасем нумай тупнă. Кашни тăваткал метр пуçне 250 хурт-кăпшанкă пулнă. Вырăнти халăх сыхăлăхлă пулнипе тата чир-чĕрсене хирĕç кĕрешекен отрядсем пĕлсе ĕçленипе çак хурт-кăпшанкăсене пурне те пĕтернĕ. Кунччен маларах, тесе палăртать телеграф агентстви, Америка самолечĕсем Хамген провинцийĕнчи Хехен уездĕнчи Чунхакан ялĕ патĕнче бактериллĕ шăнасем, ерешменсем, тата ытти хурт-кăпшанкăсем нумай пăрахса хăварнă. Шăнасем хура тĕслĕ. Халиччен çак вырăнта кунашкал хурт-кăпшанкăсем пулман.

Январĕн 20-мĕшĕнче Америка самолечĕсем Енхсен уездĕнчи Понхынар ялĕ çине, февралĕн 4-мĕшĕнче — Хамхын хули çине хурт-кăпшанкăсем нумай пăрахнă. Чир-чĕрсене хирĕç кĕрешекен отрядсенчи çынсем бактериллĕ хурт-кăпшанкăсене вăхăтра пĕтернĕ. Хурт-кăпшанкăсенчен пĕр пайне чир-чĕрсене хирĕç кĕрешекен комитетсем ятарласа хатĕрленĕ приборсенче сыхласа усраççĕ. Вĕсем Америка империалисчĕсем Корейăра бактериллĕ вăрçă туса пынине кăтартакан материалсем пулса тăраççĕ.

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01296 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.